ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Март 25 юнкун № 62 (8971)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Политикăллă-массăллă ĕçе—партин XIX-мĕш съезчĕ каларса тăратнă задачăсен çÿлĕшне

Юратнă çулпуçпа И. В. Сталин юлташпа ĕмĕрлĕхех уйрăлнă чухне Совет Союзĕнчи халăхсемпе пĕрле Чăваш республикинчи ĕççыннисем те хăйсен речĕсене Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕстерçе, коммунизм тăвас ĕçе мĕнпур вăя парса кĕрешме тупа турĕç.

Пирĕн партин Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви çĕршыва ертсе пыраç ĕçре Ленинпа Сталинăн аслă шкулĕнчен вĕренсе тухнă. Марксăн—Энгельсăн—Ленинăн — Сталинăн революциллĕ теорийĕпе хĕçпăшалланнă, рабочи класпа мĕнпур ĕççыннисен интересĕсемшĕн кĕрешсе çур ĕмĕр хушшинче тупнă опытпа пуянланнă парти коммунизм обществин тăвас ĕçе мĕнле тус пымаллине пĕлет.

Пирĕн руководстван вăйĕ—вăл коллективлă, пĕтĕçÿлĕ, çирĕп пулнинче. Çакна шута илсе КПСС Центральнăй Комитечĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ государствăпа хуçалăх ĕçĕсене ертсе пырассине малалла лайăхлатас тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттерме кирлĕ тесе шутларĕç. СССР Верховнăй Совечĕн тăватăмĕш сессийĕ çак ĕçсене законлă вăя кĕртрĕ. СССР Верховнăй Совечĕ Правительство туса хучĕ, ăна В. И. Ленинăн талантлă ученикĕ тата И. В. Сталин шанчăклă соратникĕ Г. М. Маленков юлташ ертсе пырать. Верховнăй Совет çавăн пекех тата СССР министерствисене çĕнĕлле йĕркелесси çинчен закон йышăнчĕ. СССР Верховнăй Совечĕн законĕсемпе постановленийĕсене пĕтĕм совет халăхĕ ырласа йышăнчĕ.

Ялти агитаторсен тивĕçĕ партипе правительство çĕршыва тĕрĕс ертсе пымалла тăвас тĕлĕшпе йышăннă ĕçсен пĕлтерĕшĕ çинчен колхозниксемпе колхоз пĕсене, МТС работникĕсене, ялхуçалăх специалисчĕсене, ялти мĕнпур ĕççыннисене ăнлантарса парасси, партипе Совет правительстви чĕнсе каланисене вĕсем патне çитересси пулса тăрать.

Парти организацийĕсен, ялти мĕнпур агитаторсен колхоз ĕçченĕсене партипе Совет правительствин политики çинчен, хамăрăн пуян нацилĕ социализма аслă государстви малашне те ывăнма пĕлмесĕр тата пур енчен те тĕреклетсе пырас, хамăрăн Тăван çĕршыв оборона пултарулăхĕне хăрушсăрлăхне çирĕплетсе тесе Совет çĕршывĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене тĕреклетес, социализмла промышленноçпа колхоз хуçалăхне пур майсемпе те аталантарса пырас, культурăпа пуянлăхне ÿстерес, рабочисен, колхозникĕсемпе интеллигенцин, мĕнпур совет çыннисен материаллă пурнăçне малалла лайăхлатас тĕлĕшпе тăракан задачăсем çинчен тĕплĕн ăнлантарса парас пулать.

Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене И. В. Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениле произведенийĕ пирĕн парти организацийĕсен агитациллĕ-пропагандăлла ĕçĕнче тĕп документсем пулса тăмалла.

Пирĕн республикăри ялти агитаторсен нумай йышлă çарĕ ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас, вĕсене социализмла ялхуçалăхне малалла вăйлатма тата государство умĕнчи обязательствăсене тÿрĕ кăмăлпа пурнăçлама мобилизацилес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерет. Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан, Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» тата ытти нумай колхозсенчи парти организацийĕсем массăллă-политикăллă ĕçе тĕрĕс йĕркелесе пырса агрокультурăна пурнăçа кĕртессипе пĕтĕм вăя хурса ĕçленипе 1952 çулта тырпул тухăçлăхне ÿстерес тата общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе çĕнĕ çитĕнÿсем турĕç.

Малта пыракансен опычĕ колхоз строительствинче пурнăçа вăйне тата уйăн вĕçĕмсĕр пысăк резервсем пуррине кăтартса парать.

Анчах республикăри нумай колхозсенче çав майсемпе çителĕклĕ таран усă курмаççĕ-ха, тырпул тухăçлăхне ÿстерес тата общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе государство паракан планĕсене пурнăçламаççĕ. Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ çаплах пĕчĕкĕ. Çавăн пирки те колхозсен общественнăй хуçалăхне кирлĕ пек аталанса пымасть, ĕçкунсем тăрăх тырă тата укçа сахал валеçсе параççĕ.

КПСС XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхне культурисен тухăçлăхне ÿстересси, общественнăй выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне пысăклатса ÿстересси, ялхуçалăхĕнче малта пыракан техникăпа агрокультурăна пурнăçа кĕртнĕ никĕс çинче колхозсен общественнăй хуçалăхне малалла тĕреклетсе тата аталантарса пырса, колхозсемпе МТС-сен ĕçне лайăхлатса, çĕршĕн тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн пĕтĕм продукцине туса тăракан продукцие ÿстересси ялхуçалăх енĕпе малашне те тĕп задача пулса юлать, тесе палăртрĕ.

Çак тĕп задачăна ăнăçлă пурнăçлама май паракан условисенчен пĕри вăл ялта политикăллă-массăллă ĕçе малалла вăйлатасси, унăн идейăллă шайне ÿстересси пулать. Апла пулсан та уйрăм райкомсем, колхозсенчи тата МТС-сенчи нумай пуçламăш парторганизацисем КПСС XIX-мĕш съезчĕ кăтартса панисенчен тĕлĕрĕ вырăнтан тарса тух.... Райкомсем ĕçсене ... ... хакламаççĕ. Парти обкомĕ КПСС Етĕрне райкомĕн ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсемпе йăнăшсем пулнине палăртрĕ. Райком массăллă-политикăллă ĕçе начар ертсе пынă, вăл хăйĕн ĕçĕнчи çак кирлĕрен те кирлĕ участока манса хăварнă, идеологи ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене курмасăр тăнă. Ертсе пыракан партипе совет работникĕсем мĕн юлашки вăхăтченех колхозсенчи пухусенче политикăллă докладсем сайра хутра кăна тунă, кая юлнă шухăшсене хирĕç кĕрешмен, колхозниксене политикăллă воспитани парас ĕçе тĕрĕс йĕркелесе тăрăшман. Çакна пула районти нумай колхозсенче хуçалăх ĕçĕсем вăйсăрланнă.

Массăллă-политикăллă ĕçĕн идейăллă шайне хăпартасси, агитаципе пропагандă ĕçне вăйлатса пырасси парти организацийĕсен ĕçĕнче чылай пулсан тĕп вырăнта тăмалла.

Чылай чухне политикăллă ĕç çине кампанилле пăхни палăрать. Çавăн пек, Çĕрпÿ районĕнчи «Большевик» колхозри парторганизаци вырăнти Советсен суйлавĕ иртнĕ хыççăн тĕпĕр кунех масса хушшинче политикăллă ĕçсене туса тăма пăрахнă. Парти организацийĕсен тивĕçĕ вăл—суйлав кампанийĕ вăхăтĕнче тунă политикăллă ĕçре ертсе пынă вăхăтĕнче çирĕплетесси, политикăллă ĕçе колхоз ĕçĕсемпе, коммунизма воспитани парас тĕлĕшпе тусса пырасси, вĕсене общественнăй социализмла харпăрлăх çине тирпейлĕн пăхма вĕрентесси, сыхлăхла пулма, ĕç дисциплинине çирĕплетме, государство умĕнчи парăмсене йĕркеллĕ пурнăçлама вĕрентсе пырасси пулать. Партипе Совет правительствин директивисене ăнăçлăн пурнăçлама ĕççыннисене пур енлĕн мобилизацилес ĕçре агитаторсен нумай йышлă çарĕпе, ялти интеллигенципе, культурăпа çутĕç учрежденийĕсен вăйĕсемпе, кинопа, радиопа, пичетпе туллин усă курмалла.

Парти райкомĕсен колхозсемпе МТС-сенчи массăллă-политикăллă ĕçе куллен ертсе пымалла, агитаторсене, агитколлектив руководителĕсене, идеологи фронтĕнчи ытти работниксене тăтăшах вĕрентсе пымалла, ертсе пыракан работниксене политикăллă ĕçе активлă хутшăнтармалла.

Пурте пĕлеççĕ, вăйлă тырпулшăн кĕрешес ĕçре çуракине кăтартулăн хатĕрлени нумай енчен çÿрес пек вырăн йышăнса тăрать. Анчах республикăри чылай колхозсенче вăйлă тырпулшăн кирлĕ пек кĕрешни курăнмасть-ха, çуракине хатĕрленес ĕç çитменлĕхсĕр пырать. Халĕхи вăхăтра колхозсенче ялти мĕнпур вăйсене вăрлăх çителĕклĕ таран хатĕрлеме, ăна аслă юрăхлă кондици çитерме, план тăрăх палăртнă агротехникăллă ĕçсене пурнăçлама, тургăм вăйĕ хатĕрлеме, тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене тата инвентаре юсама мобилизацилемелле. Колхозсемпе МТС-сенче ĕç планĕсене вăхăтра тумалла, вăл плансене колхозниксемпе механизаторсем патне вăхăтра çитермелле. Çуракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе тухмалла, ăна агротехникăллă срокĕсенче, вăхăтра тата пысăк паллăхпа ирттермелле. Колхозсем умĕнче тăракан пысăк задача вăл, çавăн пекех тата, выльăхсене тĕрĕс-тĕкел хĕл каçарса тата çамрăк выльăхсене сыхласа хăварасси пулать.

Хальхи вăхăтра политикăллă-массăллă ĕçĕн центрĕ МТС-семпе колхозсенчи производствăллă бригадăсем пулса тăраççĕ. Çураки вăхăтĕнче агитатор пĕтĕм ĕçе уй-хирте, çавăн пекех фермăсенче туса пыма тивĕç.

Чкаловски районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем, МТС работникĕсем тата ялхуçалăх специалисчĕсем пуçарнипе республикăра 1953 çулта ялхуçалăх енĕпе малашне государство планĕсене ирттерсе тултарассишĕн социализмлă ăмăрту сарăлчĕ. Парти организацийĕсен, агитаторсен халăхĕ çак патриотла пуçарăва пур енлĕн пурнăçламалла, чĕнсе ... Чăваш республикинчи колхоз ĕçченĕсене республикăри çĕнĕ ĕçсене çитĕнÿсем тума çĕкленмелле, советла Тăван çĕршыв умĕнчи хăйсен обязательствисене ăнăçлăн пурнăçлама мобилизацилесси пулать.

Ялти парти организацийĕсен пысăк тивĕçĕ колхозлă яла çĕнĕрен Ленин—Сталин партийĕ тавра тата тачăрах пĕтĕстересси, пирĕн çĕршыва коммунизм тума ĕççыннисене анлă массине ... пăтăр кĕрешĕве хускатса пулать.

# Çуракине тимлĕн хатĕрленĕр!

## Колхозсенчен пĕлтерĕççĕ

ЕТĔРНЕ. «Родина» колхозри 7-мĕш уй-хир бригадине ял Совет депутачĕ П. Ульяваров юлташ ертсе пырать. Бригада хĕрсех çуракине хатĕрленет.

Хальхи вăхăтра бригада 51 центнер кĕл, 40 центнер кайăк-кĕтĕк тислĕкĕ пухса хатĕрлерĕ, уй-хире 1.515 лав тислĕк кăларчĕ. Çак кунсенче бригада Çĕмĕрле станцинчен 3 тонна минераллă удобрени кÿрсе килчĕ. **И. НИКИТИН.**

ВĂРНАР. «Большевик» колхозри пĕрремĕш уй-хир бригадин паха пуçару турĕ. Вăл 1953 çулта пысăк тухăçлă тырпул туса илес тĕлĕшпе социализмла обязательствăна йышăнчĕ, ытти бригадăсене ăмăртăва чĕнчĕ.

Пĕрремĕш уй-хир бригадинчи колхозниксем агротехникăллă ĕçсем чылай туса ирттерчĕç. 75 гектар çинче юр тытса хăварнă, хире 2.000 лав тислĕк кăларнă, вырăнти ытти удобренисем чылай пухнă.

Плугсене, çавăн пекех ытти инвентаре юсаса хатĕрленĕ. **И. КОРАКОВ.**

ЧКАЛОВСКИ. Киров ячĕпе тăракан колхоз çуракине лайăх хатĕрленет. Колхозăн кăçал тĕштырăсем 328 гектар акса хăвармалла. Акма вăрлăх çителĕклĕ хатĕрленĕ, кирлĕ пек сортласа тасатнă. Пахча çимĕç вăрлăхĕ те çителĕклĕ. Çуракин ирттермелли пĕтĕм участоксем çинче иртнĕ кĕркуннех çĕртме туса хăварнă.

Кăçал колхоз членĕсем техникăллă культурăсем акса тăвасси çине уйрăмах тимлĕн пăхаççĕ. План тăрăх 25 гектар çине кантăр акса хăвармалла. Колхозниксем пухăвĕнче кантăра пăхса ÿстерме уйрăм бригада йĕркеленĕ.

Çураки ирттерме колхоз правленийĕ план тунă. Ăна правлени членĕсем кунсерен хушшинче пăхса тухнисĕр пуçне, МТС механизаторĕсем хушшинче те сÿтсе явнă.

Халĕ колхозниксем общественнăй ытисенчен, çавăн пекех уйрăм колхозниксенчен килĕсенчен хире тислĕк кăлараççĕ.

Çуракине хатĕрленме колхоза Тусари вăтам шкулта вĕренекенсем те пулăшаççĕ. Ку тĕлĕшпе вĕсем икĕ воскресник ирттернĕ. Вĕренекенсем юр тытма пулăшнă, 95 центнер кайăк-кĕтĕк тислĕкĕ, 10 центнер кĕл пухса панă.

Киров ячĕпе тăракан колхоз минераллă удобренисем кÿрессине те аван йĕркеленĕ. Удобрени тургтарма колхоза МТС пулăшать. Строительство бригадин членĕсем тракторпа кăкарма пысăк çуна тунă. Трактора пĕрре кайса 80—100 центнер удобрени турттарса килеççĕ. **Г. ПЛЕЧОВ.**

## Кĕрешÿ вăйланса пырать

ПЕРВОМАЙСКИ. «Путь коммунизма» колхоз председателĕ Александр Владимирович Манакшыпов бригадирсем нарядне мĕнле пурнăçланине тĕрĕслерĕ те хыпарсем кайма пуçтарăнчĕ.

— Сергей Павлович,—терĕ вăл правлени председателĕн заместительне Антонов юлташа,—эпĕ Буинск лесничествине кайса килес тетĕп, унтан кантăрла ирттерсен тин таврăнатăп.

Колхозра хĕрÿллĕ ĕç пырать. Кĕçĕн Чементи бригадăран Андреев колхозник триер илме килнĕ. Антонов юлташ ăна васкасах триер илсе кайма пулăшрĕ.

— Кантăр вăррине тасатса пĕтерсенех триера сарайне килсе лартăр,—асăрхаттарчĕ вăл Андреев колхознике.

Антонов юлташ колхоз председателĕ колхозра пулман вăхăтра алласа... лармасть, пур ыйтусене те хăвăрт татса пама тăрăшать. Вăл вăрлăхсем тасатнă çĕрте те, тислĕк турттаракансем патне те çитме ĕлкĕрет. Производствăри хăйĕн тивĕçне вăл колхозри парторганизаци секретарĕн политикăллă пысăк ĕçĕпе ăнăçлă çыхăнтарса пырать.

Нумаях пулмасть пулса иртнĕ отчетлă пухура колхозниксем колхоз правленине çуракине хатĕрлес ĕçе тата ытларах вăйлатма наказ пачĕç. Çавăнпа çуракине хатĕрлесе ĕçе кашни колхозник активлă хутшăнчĕ. Кĕске вăхăтрах пур культурăсен вăрлăхне те хатĕрленĕ. Тулă, пăрça, хуратул, сĕлĕ вăрлăхĕсене сортласа тасатса хунă. Колхозниксем кашни кунах 10 лавпа уя тислĕк кăлараççĕ. Паянхи кун тĕлне 2.950 лав тислĕк кăларнă, çуракине тухиччен тата 3 пин лавран кая мар кăларма тăрăшаççĕ. Суркуне калчасене апат пама вырăнти удобренисем çителĕклĕ пухса хатĕрлесе хунă. Колхоз кăçал 780 центнер минераллă удобренисем туяннă.

Тимĕрçĕ лаççинче те иртсен пусласа сĕм çĕрлеченех ĕçлеççĕ. Тимĕрçĕсем 30 плуг, 3 сеялка тата мĕнпур сÿресене юсаса хучĕç.

Кăçал техникăллă культурăсем акмалли лаптăка чылай ÿстереççĕ: 28 гектар йĕтĕн, 15 гектар кантăр акаççĕ. Вăрлăхне хатĕрленĕ. Колхозниксем кăçал кашни гектартан 4,2 центнертан кая мар йĕтĕн вăрри, 4,5 центнер йĕтĕн сÿсĕ, кантăр вăррипе сÿсне те çавăн чухлех туса илессишĕн кĕрешеççĕ. Вăлах апачĕн çирĕп никĕсне тăвас тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттерме пăхнă. Клевер акмалли çĕр лаптăкĕ ÿсе пырать. Иртнĕ çуркуне ăна 181 гектар акса хăварнă, кăçал тата 82 гектар акаççĕ. Колхозниксем кашни гектартан 3-шер центнер клевер вăрри тата 25-шер центнер клевер ути туса илме кĕрешеççĕ.

«Путь коммунизма» колхоз членĕсем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра тырпул тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе лартнă задачăсене ăнăçлăн пурнăçлассишĕн ырми-канми кĕрешеççĕ. **А. ТУКМАКОВ.**

## Ĕçпе ответлеççĕ

ÇĔРПӲ. Нумаях пулмасть Хрущев ячĕпе тăракан колхоз членĕсен пĕрлехи пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта пуçламăш парторганизаци секретарĕ И. Васильев юлташ СССР Верховнăй Совечĕн тăватăмĕш сессийĕн ĕçĕсем çинчен тĕплĕн каласа панă.

Тухса калакансем сесси решенийĕсене ырласа малашне хамăрăн Тăван çĕршыв хăватне ÿстерессишĕн, колхоза пур енчен те тĕреклететессишĕн тата ытларах тăрăшса ĕçлеме, Ленин—Сталин партийĕ тавра тачăрах пĕтĕçсе аслă çулпуç И. В. Сталин пĕтерсе хăварнă тÿррĕн пурнăçласа пыма тупа турĕç. Пухху, пĕр сасăпа пулса, кăçал пĕтĕм лаптăк çинче кашни гектартан вăтам шутпа 16 центнер тырă, вăл шутран ыраш 17 центнер, кашни ĕнерен 1 400 литр сĕт, кашни сысна аминчен 14 çура, кашни 100 кĕсренрен 80 тихаран кая мар, кашни 100 пуç ĕнерен 90 пăрувăн кая мар илсе пăхса çитĕнтерме, çавăн пекех государство умĕнчи пур обязательствăсене те пĕрремĕш 7-мĕш тĕлне, çак шутран тырă памалли плана сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне, пурнăçлама пулчĕç.

Колхозниксем хушшинче халĕ социализмла ăмăрту нихçанхинчен те вăйлăрах сарăлчĕ. Пур бригадăсенче те хĕрÿллĕ ĕç пырать. Колхозниксем çуракине хатĕрленме çителĕклĕ тăрăшаççĕ. Вăрлăхсене пур культурăсен тăрăх та çителĕклĕ чухлĕ хатĕрленĕ тата акма юрăхлă туса çитернĕ. Ялхуçалăх машинисене инвентаре юсанă. Çитес кунсене сÿресене юсаса пĕтереççĕ.

Кăçал колхозниксем удобренисем хатĕрлес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тăваççĕ. Ку таранччен уя 3.000 лав ытла тислĕк кăларчĕç, 600 центнер минераллă удобренисем кÿрсе килчĕç тата ытти удобренисем те сахал мар хатĕрлерĕç. **Х. ЛИСИН.**

# 1953 çулхи март, апрель, май уйăхĕсенче лекцисем, докладсем, калаçусем ирттермелли ТЕМАТИКА

**I.**

1. Халăхи вăхăтри лару-тăру тата пирĕн задачăсем.
2. Коммунистсен партийĕ—совет обществин çул кăтартса ертсе пыракан вăйĕ, ССР Союзĕнчи коммунизм строительствин хавхалантаракан тата организаторĕ.
3. 1953 çулти мартăн 9-мĕшĕнче пулнă траурлă митингра Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем тухса каланă сăмахсем—партипе халăх тупа каланă.
4. СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕн итогĕсем.
5. Совет государствин хăвачĕпе çирĕплĕхĕ—пирĕн çĕршыва коммунизм ăнăçлăн туса çитерме питтĕ кирлĕ условисем.
6. ССР Союзĕнчи халăхсен туслăхĕ—советлă социализмлă государство вăйхăвачĕн никĕсĕ.
7. Пĕтĕм обществăн материаллăй тата культурăллă ыйтăвĕсене çителĕклĕн тивĕçтерсе пырасси—Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин пайти политикин никĕсĕ.
8. Совет Союзĕн тулашри политики—мире сыхласа хăварса тĕреклетмелли тата халăхсем хушшинчи туслăх малалла çирĕплетмелли политика.
9. Америка империализмĕ—пĕтĕм тĕнчери жандарм, халăхсен ирĕклĕхне тата вĕсен никама пăхăнманлăхне пăвакан.
10. Политикăллă сыхлăхлăх пур майсемпе те ÿстерсе пырар.
11. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план—ССР Союзĕ социализмран коммунизм патне аталанса пымалли çул çинчи пысăк утăм.
12. Коммунизм тумалли сталинла программа, шурнăçлас тĕлĕшпе совет çыннисен ĕçри хастарлăхне ÿстерсе пырар.
13. Майăн 1-мĕшĕ — пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен уявĕ.
14. Майăн 9-мĕшĕ—совет халăхĕ фашистла Германие хирĕç кĕрешсе тунă Çĕнтерÿ праçникĕ.

**II.**

15. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăхне малалла аталантармалли задачăсем.
16. Чăваш АССР ялхуçалăхне 1953 çулта аталантармалли задачăсем тата çуракине хатĕрлене ирттерес тĕлĕшпи задачăсем.
17. Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ—колхоз пурнăçĕн тĕп законĕ.
18. Ĕç ресурсĕсемпе туллин усă курни—кашни колхоз хуçалăхне çитĕнÿсен тумалли никĕс.
19. Социализмла ялхуçалăхне малалла аталантарас ĕçре МТС-сем ертсе пыракан вырăн йышăнса тăни.
20. Лайăх вăрлăх—вăйлă тырпул никĕсĕ.
21. Колхозсен уй-хирне вырăнти тата минераллă удобренисем ытларах кăларар.
22. Тăпран сухалакан сипне тăраниатса пыни—ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстермелли питех те кирлĕ условие.
23. Малта пыракан мичуринла наука çитĕнĕвĕсене ĕçе кĕртсе пыни—социализмла ялхуçалăхне малалла аталантармалли çул.
24. Çуракине кĕске срокра тата агротехника тĕлĕшĕнчен çÿлĕ пусăмра ирттерер.
25. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли задачăсем.
26. Выльăх апачĕ тумалли культурăсем акмалли плана кашни колхоз тултартăр.

**III.**

27. ССР Союзĕн промышленноçне малалла аталантарас тĕлĕшпе пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра тăракан задачăсем.
28. Производство резервĕсемпе туллин усă курни—1953 çулти плана срокчен тултармалли питех те кирлĕ условие.
29. Продукци пахалăхне тăтăшах лайăхлатса пырасси—Чăваш АССР-ĕнчи промышленноçĕн предприятийĕсен ĕçĕсене тĕп задачисем.
30. Производство новаторĕсен çитĕнĕвĕсене—массăсен усăлăхне.
31. Суртсене çирĕп, хăвăрт тăвасси, строительство йÿне ларасси—совет çĕршывĕнчи строительство индустрийĕн задачи.

**КПСС ОБКОМĔН ПРОПАГАНДĂПА АГИТАЦИ ПАЙĔ.**

# СОВЕТ СОЮЗĔ ТĂРĂХ

## Май уявĕ умĕнхи ăмăрту

ИВАНОВО, мартăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Крупская ячĕпе тăракан фабрика коллективĕ Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе ăмăртса ĕçлеме социализмла обязательствăсем илнĕ. Текстильщиксем пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен праçникĕ ячĕпе заданирен ирттерсе 125.000 метр паха пир тĕртсе кăларма, продукцин хăйнеларакан хакне чакарма пулнă.

Предприятире техникăпа лайăххах усă курмалли плансем туса хатĕрленĕ. Пехсенче стахановла шкулсем уçнă. 15 стахановла шкулта пысăк пахалăхлă продукци туса кăларма тата пысăк тухăçлăхпа ĕçлеме вĕрентеççĕ.

Сдельно ĕçлекенсем пурте нормăна ирттерсе тултараççĕ. Чылай бригадăсем механизмсемпе производство проектра кăтартниччен те ытларах ĕçлеççĕ.

Предприяти март уйăхĕнчи 20 кун хушшинче плана 3 процент ирттерсе тултарнă. Тĕртнĕ пир-авăртан 99 проценчĕ пĕрремĕш сортлă,—ку вăл планра кăтартнинчен 1,5 процент ытларах пулать.

## Газ кĕртеççĕ

ДЗАУДЖИКАУ, мартăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Çурçĕр Осети столицине—Дзауджикау хулине газ кĕртес тĕлĕшпе ĕçлеççĕ. Халĕ траншейăсем чавса трубасем хураççĕ. Ку ĕçре бульдозерсемпе, траншейă чавакан машинăсемпе, тракторсемпе тата автокрансемпе усă кураççĕ. Часах хулари 1.300 хваттере газ пырса тăмалла пулать. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх иртнĕ тĕле хулари пур суртсене те газ кĕртеççĕ.

Вознесенски ялĕнчи колхозниксем вутă хатĕрлесе чăрманмаççĕ. Кунти «Красный животновод» ялхуçалăх артелĕнчи 300 ытла колхозник киле суналан газ пыр...

Калинин облаçĕ. Ржев—вырăссен авалхи хули. Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче фашистла вăрçă захватчикĕсем Ржев хулине тĕпренех ишĕлтерĕç. Хулара вăрçăччен пурăнмалли суртсем 5.445 пулнă пулсан, 298 сурт кăна юлнă. Ржев хулине Совет Çарĕ 1943 çулхи мартăн 3-мĕшĕнче ирĕке кăларнă. Унтанпа хулара 15 предприяти туса хунă. Вăрçă хыççăн хулара промышленность продукцийĕ туса кăларасси вунă хут ÿснĕ. Пурăнмалли суртсем 150 пин тăваткал метр чухлĕ тунă. Правительство рабочисене, служащисене тата вăрçăра вилнĕ воинсен çемйисене сурт лартма 14 миллион тенкĕ кивçен панă. Ржев хулинче халĕ вунă шкул, ялхуçалăх механизаци электрификаци техникумĕ, ФЗО шкулĕ, чугун çул училищи, ача сачĕсемпе яслисем 14, ултă клуб, нумай библиотекăсем, тăватă больница тата ытти культурăпа пурнăç учрежденийĕсем ĕçлеççĕ.

УКĔРЧĔК ÇИНЧЕ: Ржев хулинчи Коммуна урамĕ. В. КОШЕВОЙ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## А. М. Горький çуралнăранпа 85 çул тултарас умĕн

Мускаври ĕççыннисем, çĕршыври ĕççыннисемпе пĕрле, совет литератури никĕсне хывнă, вырăссен аслă писателĕ Алексей Максимович Горький çуралнăранпа 85 çул тултарнине паллă тăваççĕ. Аслă художнике асăнса вечерсем, научăллă сессисем ирттереççĕ.

Мартăн 23-мĕшĕнче актерсен суртĕнче «Писатель А. М. Горький» ятлă вечер ирттернĕ. Государствăн академиллĕ Кĕçĕн театрĕ артисчĕсем «Васса Железнова» спектакльтен сценăсене, М. Н. Ермолова ячĕпе тăракан театр артисчĕсем «Достигаев и другие» спектакльтен сценăсене, транспорт работникĕсен центральнăй театрĕн артисчĕсем «Последние» спектакльтен сценăсене выляса кăтартнă.

Пĕтĕм тĕнче литератури А. М. Горький ячĕпе тăракан институчĕ мартăн 27-мĕшĕнче тата 28-мĕшĕнче гениллĕ писатель творестви çинчен докладсем ирттерет. А. М. Горький ячĕпе литература центральнăй суртĕнче тата искусство работникĕсен центральнăй суртĕнче те вечерсем пулаççĕ. (ТАСС).

## И. В. Сталин произведенийĕсене пичетлесе кăларни

СТАЛИНАБАД, мартăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Таджик ССР-ĕнчи государство издательстви И. В. Сталин колхозник-ударниксен Пĕтĕм Союзри пĕрремĕш съезденче 1933 çулхи февралĕн 19-мĕшĕнче каланă сăмахне таджик чĕлхипе пичетлесе кăларнă.

Республикăри нумай ĕççыннисем И. В. Сталин юлташăн гениллĕ произведенийĕсене вĕренеççĕ. И. В. Сталин Сочиненийĕсен 9 томне таджикла пичетлесе кăларнă.

# ЯЛТИ АГИТАТОРСЕН РЕСПУБЛИКӐРИ КАНАШЛӐВӖ

Мартӑн 19—20-мӗшӗсенче Шупашкарта колхозсенчи, МТС-сенчи тата совхозсенчи агитаторсен республикӑри канашлӑвӗ пулса иртрӗ. Канашлӑва ҫавӑн пекех парти райкомӗсен пропагандӑпа агитаци пайӗсен заведующийӗсем, райсовет исполкомӗсен культурӑпа ҫутӗҫ пайӗсен заведующийӗсем, районсенчи хаҫат редакторӗсем тата МТС директорӗсен политика енӗпе ӗҫлекен заместителӗсем хутшӑннӑ.

Канашлӑва КПСС обкомӗн секретарӗ Шмаков юлташ уҫрӗ.

— Совет халӑхӗпе тӗнчери пӗтӗм прогрессивлӑ этемлӗх,—тет вӑл,—хӑйсен аслӑ ҫулпуҫӗпе учительне тата тусне Иосиф Виссарионович Сталина, чӗререн хурланса, юлашки ҫула ӑсатрӗҫ. Пирӗн хаклӑ Иосиф Виссарионович Сталинӑн ҫутӑ ятне ура ҫине тӑрса хисеплеме ыйтатӑп.

Пурте ура ҫине тӑраҫҫӗ.

Паян, тет малалла Шмаков юлташ, Чехословаки столицинче Чехословаки республикин президентне, Чехословакири Коммунистсен партийӗн председательне, тӗнчери рабочи юхӑмӗн паллӑ деятельне, Чехословаки халӑхӗн юратнӑ ҫулпуҫне, Совет Союзӗн шанчӑклӑ тусне Клемент Готвальда юлашки ҫула ӑсатаҫҫӗ. Клемент Готвальдӑн ҫутӑ ятне ура ҫине тӑрса хисеплеме ыйтатӑп.

Пурте ура ҫине тӑраҫҫӗ.

Кун хыҫҫӑн «Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ ялхуҫалӑх енӗпе йышӑннӑ решенисем тата ҫуракине хатӗрленсеирттерес тапхӑрти агитаципе пропаганда ӗҫӗн задачисем ҫинчен» доклад тума КПСС обком секретарӗ Ислюков юлташ сӑмах илет.

Чӑваш республикинчи ӗҫҫыннисем, Совет Союзӗнчи пӗтӗм халӑх пекех, тет Ислюков юлташ, Иосиф Виссарионович Сталина асӑнса ирттернӗ митингсенче хӑйсен речӗсене Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви тавра тачӑрах пӗтӗҫтерме, сыхӑлӑха вӑйлатма, коммунизм строительствин задачисене пурнӑҫлассишӗн пӗтӗм вӑя хурса ӗҫлеме тупа турӗҫ.

Чӑваш халӑхӗ, Совет Союзӗнчи мӗнпур халӑхсем пекех, Сталин юлташа ирӗке кӑларнӑшӑн тата телей кӳнӗшӗн ӗмӗр-ӗмӗр тав туса пурӑнӗ.

Ленинпа Сталин Чӑваш ҫӗршывне советлӑ наци государственноҫӗ пачӗҫ, халӑх хушшинчен тухнӑ парти, совет, хуҫалӑх руководителӗсен нумай йышлӑ кадрӗсене воспитани парса ҫитӗнтерчӗҫ. Вӗсем партипе халӑх ӗҫӗшӗн, коммунизм ӗҫӗшӗн пӗтӗм вӑйне хурса ӗҫлеҫҫӗ. Ленин—Сталин партийӗ ертсе пынипе Чӑваш ҫӗршывӗ Совет Союзӗнчи индустриллӗ-колхозлӑ республикӑсенчен пӗри пулса тӑчӗ. Материальнӑй пурнӑҫ тӗпрен лайӑхланчӗ. Чӑваш халӑхӗн культури, литературипе искусстви анлӑн аталанчӗ.

Чӑваш халӑхӗ ҫакна лайӑх пӗлет: Ленин—Сталин партийӗ ертсе пыракан вырӑс халӑхӗ тӑванла пулӑшу ҫаман пулсан, вӑл ирӗклӗ пулма пултарайман пулӗччӗ.

Халӗ, эпир коммунизм тунӑ чухне, мир тата СССР хӑрушсӑрлӑхӗн ӗҫне хӳтӗленӗ чухне, пирӗн ҫӗнтерӳсен шанӑҫӗ вӑл—пире Сталин юлташ совет халӑхӗсен туслӑхне ҫирӗплетме хушса хӑварни пулать. Чӑваш ҫӗршывӗнчи ӗҫҫыннисем, ҫак туслӑх ҫирӗп пулнӑ чухне Совет Союзӗнчи халӑхсем ирӗклӗ те никам ҫӗнтерейми вӑй пулса тӑраҫҫӗ, тесе Сталин юлташ кӑтартса панине ҫирӗппӗн асра тытаҫҫӗ.

Сталин юлташ ячӗ пӗтӗм тӗнчери халӑхсен чӗринче ӗмӗр пурӑнать. Вӑл мӗнпур ҫӗршывсенчи ҫӗршер миллион ҫынсене хӑйсен вӑйне ӗненме хавхалантарчӗ, чӑн-чӑн ирӗклӗхпе телей патне пымалли ҫула кӑтартса пачӗ, ҫак телейшӗн кӗрешме вӗрентрӗ.

Совет государствин тӑшманӗсем пирӗн умма килсе тухнӑ пысӑк ҫухату пулнипе совет ҫыннисем ҫухалса кайӗҫ, пӑтрашса кайӗҫ, тесе шутланӑ. Анчах тӑшмансем шутланӑ пек пулмарӗ.

Пирӗн партин Центральнӑй Комитечӗпе Совет правительстви ҫӗршыва ертсе пырас тӗлӗшпе Ленинпа Сталинӑн аслӑ шкулӗнчен вӗренсе тухнӑ, Революциллӗ теорипе хӗҫпӑшалланнӑ, рабочи класпа мӗнпур ӗҫҫыннисен интересӗсемшӗн кӗрешсе ҫур ӗмӗр хушшинчи опытпа пуянланнӑ парти коммунизм обществи тӑвас ӗҫе мӗнле ертсе пымаллине пӗлет.

Партин Центральнӑй Комитечӗн пленумӗн, СССР Министрӗсен Совечӗн тата СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн пӗрлехи ларӑвӗ тата СССР Верховнӑй Совечӗн ҫак кунсенче пулса иртнӗ сессийӗ пирӗн ҫӗршывӑн пӗтӗм пурнӑҫне тӗрӗс ертсе пымалла тӑвас тӗлӗшпе чылай паха решенисем йышӑнчӗҫ. Ҫак решенисем вӗсем партипе совет государствине ертсе пырас ӗҫ Сталин юлташӑн шанчӑклӑ ученикӗсемпе соратникӗсен ҫирӗп аллинче тӑнине кӑтартаҫҫӗ.

И. В. Сталин вилнӗ хыҫҫӑн партипе правительство йышӑннӑ решенисенче, СССР Верховнӑй Совечӗн IV-мӗш сессийӗ йышӑннӑ постановленисемпе законсенче, И. В. Сталина асӑнса ирттернӗ траурлӑ митингра Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов юлташсем калаnӑ сӑмахсенче Совет правительствин позицине тата совет халӑхӗн задачисене лайӑх кӑтартса панӑ.

Парти организацийӗсен, агитаторсемпе пропагандистсен задачи вӑл—ҫак паха документсем ҫинчен мӗнпур ӗҫҫыннисен анлӑ массине ӑнлантарса парасси, Совет правительствипе парти пирӗн ҫӗршыва коммунизм тӑвас, пӗтӗм тӗнчери мире тӑрантатес ӗҫре малашне те ленинлӑ-сталинлӑ политика тытса пыни ҫинчен тарӑннӑн та тӗплӗн ӑнлантарса парасси пулать.

Докладчик ялхуҫалӑхӗ енӗпе тӑракан задачӑсем ҫинче тӗплӗн чарӑнса тӑрать.

Парти, правительство тата Сталин юлташ куллен тӑрӑшнипе пирӗн социализмла ялхуҫалӑхӗ, ҫӗршывӑн пӗтӗм халӑх хуҫалӑхӗ пекех, малалла вӑйланса пырать. 1952 ҫулта 8 миллиард пӑт тӗштырӑ туса илнӗ. Колхозсемпе совхозсен обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗхӗ пӗтӗм выльӑх-чӗрлӗх хисепӗнче пысӑк вырӑн йышӑнать. Выльӑх-чӗрлӗхрен илекен продукци вӑрҫӑчченхи шайран иртнӗ.

Партин XIX-мӗш съезчӗ социализмла ялхуҫалӑхне малалла вӑйлатас тӗлӗшпе анлӑ программа йышӑнчӗ.

Ялхуҫалӑхӗн мӗнпур культурисен тухӑҫлӑхне ӳстересси, обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗх йышне нумайлатнипе пӗрлех унӑн тухӑҫлӑхне чылай ӳстересси, ялхуҫалӑхӗнче малта пыракан техникӑпа агрокультурӑна ӗҫе кӗртнӗ никӗс ҫинче колхозсен обществӑллӑ хуҫалӑхне малалла тӗреклетесси тата аталантарса пырса, совхозсемпе МТС-сен ӗҫне лайӑхлатса, ҫӗр ӗҫӗн тата выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫӗн пӗтӗм продукцине тата таварлӑ продукцине ӳстересси ялхуҫалӑх енӗпе малашне те тӗп задача пулса юлать.

Партин XIX-мӗш съезчӗ пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе панӑ директивӑсем тӑрӑх пирӗн Чӑваш республикинчи колхозсемпе совхозсенче пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑх вӗҫӗ тӗлне тӗштырӑсен тухӑҫлӑхне пӗр гектар ҫинчен 17—19 центнер таран, йӗтӗн сӳсӗ—4,5—5,5 центнер тата ҫӗрулми тухӑҫлӑхне 155—175 центнер таран ӳстермелле. Пилӗкҫуллӑх тата 1953 ҫул валли выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхне ӳстерме тӗрлӗ зонӑсем тӑрӑх заданисем ҫирӗплетнӗ. Иртнӗ ҫулхипе танлаштарсан, 1953 ҫулта Чӑваш республики тӑрӑх колхозсенче мӑйракаллӑ шултра выльӑхсен шутне 15,5 процент, сурӑхсен шутне 18,8 процент, сыснасен шутне 16,6 процент, кайӑк-кӗшӗк шутне 58,3 процент ӳстермелле. Кӑҫал республикӑри колхозсенче кашни сӑвакан ӗне пуҫне вӑтам шутпа 1.200-шер килограмм сӗт суса илмелле, кашни вӗтӗ ҫӑмлӑ сурӑхран 4,3 килограмм ҫӑм, кашни ҫурма вӗтӗ ҫӑмлӑ сурӑхран 3,9 килограмм ҫӑм, кашни ҫурма шултра ҫӑмлӑ сурӑхран 3,4 килограмм, кашни шултра ҫӑмлӑ сурӑхран 2,1 килограмм ҫӑм касса илмелле.

Малта пыракан колхозсен опычӗ ҫак плансем пурнӑҫлӑ плансем пулнине кӑтартать. Вӑрнар районӗнчи Сталин ячӗпе тӑракан колхоз иртнӗ ҫул 249 гектар ҫӗр лаптӑкӗ ҫинчен кашни гектар пуҫне 33-шер центнер ҫурхи тулӑ туса илнӗ. Чылай ҫӗр лаптӑкӗ ҫинчен 41—43-шер центнер тулӑ туса илнӗ. Елчӗк районӗнчи Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозра вӑтам шутпа кашни гектартан 20,5-шер центнер тырӑ туса илнӗ. Чкаловски районӗнчи «Гвардеец» колхоз кашни гектартан 20,5-шер центнер пӑрҫа йышши культурӑсем туса илнӗ. Первомайски районӗнчи «Пионер» колхозра выльӑх кӑшманӗ гектар пуҫне 800-шер центнер, Вӑрнар районӗнчи Жданов ячӗпе тӑракан колхозра 700-шер центнер, Елчӗк районӗнчи Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозра 609-шар центнер туса илнӗ.

Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес тӗлӗшпе те чылай пысӑк ҫитӗнӳсем тунӑ. 1952 ҫулта Етӗрне районӗнчи Буденный ячӗпе тӑракан колхозра кашни сӑвакан ӗне пуҫне 2.305 килограмм сӗт суса илнӗ. Ҫак колхозри Селиванова доярка 2.481-шер килограмм сӗт суса илнӗ. Чкаловски районӗнчи «Гвардеец», Етӗрне районӗнчи Маленков ячӗпе тӑракан, Шӑмӑршӑ районӗнчи «Родина», Пӑрачкав районӗнчи Горький ячӗпе тӑракан колхозсенче кашни ӗне пуҫне 1.900-шер килограмм ытла сӗт суса илнӗ.

Комсомольски районӗнчи «Красная звезда» колхозри свинарка Шурбина, ҫак районти «Нива» колхозри Зайцевӑпа Кутузова свинаркӑсем, Ҫӗмӗрле районӗнчи Ленин ячӗпе тӑракан колхозри свинарка Мигушева кашни сысна аминчен 23—24-шар ҫура илнӗ.

Етӗрне районӗнчи Буденный ячӗпе тӑракан колхозри сурӑх пӑхакан Крынецкий, Канаш районӗнчи Куйбышев ячӗпе тӑракан колхозри сурӑх пӑхакан Семенов, Елчӗк районӗнчи Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозри сурӑх пӑхакан Портнова юлташсем ҫӑм касса илес тӗлӗшпе пысӑк ҫитӗнӳсем тунине пурте пӗлеҫҫӗ.

Анчах ялхуҫалӑхӗ енӗпе тӑракан тӗп задачӑна пурнӑҫласси пирӗн республикӑри колхозсенче ҫаплах ҫителӗксӗр пырать-ха. 1952 ҫулта правительство ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне ӳстерес тӗлӗшпе панӑ плана пурнӑҫламан. Уйрӑмах Сӗнтӗрвӑрри, Октябрьски, Чурачӑк, Тӑвай тата ытти хӑшпӗр районсенчи колхозсем тырпул начар туса илнӗ.

Республикӑра обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫ те начар тӑрать.

Пысӑк тухӑҫлӑ ялхуҫалӑх культурисем туса илес ӗҫе татса паракан тапхӑр вӑл ҫуракине кӑтартуллӑн хатӗрленсе ирттересси пулать. Ҫуракине ӑнӑҫлӑ ирттерни колхозсен пӗтӗм хуҫалӑхне ҫӗклентерес ӗҫре татӑклӑ вырӑн йышӑнать. Анчах ҫуракине хатӗрленсе ирттерес ӗҫре ҫаплах пысӑк ҫитменлӗхсем пур-ха пирӗн. Хӑшпӗр колхозсем халӗ те хӑйсем валли вӑрлӑх ҫителӗклӗ хатӗрлесе ҫитереймен. Чылай колхозсенче вӑрлӑх акма юрӑхлӑ кондицие ҫармасть. Хӗллехи агротехника ӗҫӗсене начар пурнӑҫлаҫҫӗ. Тракторсемпе ялхуҫалӑх инвентарьне юсас ӗҫ ҫителӗксӗр пырать.

Ҫуракине хатӗрленес ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтерес тӗлӗшпе татӑклӑ мерӑсем йышӑнмалла.

Чкаловски районӗнчи колхоз ӗҫченӗсем 1953 ҫул валли социализмлӑ обязательствӑсем йышӑнчӗҫ. Вӗсем Чӑваш республикинчи мӗнпур колхозникӗсене, механизаторсене, ялхуҫалӑх специалисчӗсене 1953 ҫулта ялхуҫалӑхне аталантармалли плана ӑнӑҫлӑ тултарассишӗн, партин XIX-мӗш съезчӗ кӑларса тӑратнӑ задачӑсене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫлассишӗн кӗрешме социализмла ӑмӑртӑва хутшӑнма чӗнсе каларӗҫ.

Пуҫламӑш парторганизацисен, ялти мӗнпур агитаторсен тивӗҫӗ вӑл — кӑҫал мӗнпур колхозсен ӗҫӗсене чылай лайӑхлатмалла тӑвас, тырпул тухӑҫлӑхне ӳстерес, обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетмелли тата унӑн тухӑҫлӑхне ӳстермелли плана тултарас тӗлӗшпе Чӑваш республикинчи колхоз ӗҫченӗсен социализмла ӑмӑртӑвне анлӑн вӑйлатса пырасси пулать.

Ялхуҫалӑхӗ енӗпе тӑракан задачӑсене ӑнӑҫлӑ татса парасси чылай енчен идейӑллӑ ӗҫе анлӑн сарса янинчен, парти организацийӗсен массӑллӑ-политикӑллӑ ӗҫне вӑйлатнинчен килет.

Ислюков юлташ КПСС XIX-мӗш съезчӗн решенийӗсене пурнӑҫласа республикӑри парти организацийӗ массӑсем хушшинчи политикӑллӑ ӗҫе хӑшпӗр енчен лайӑхлатнине палӑртать. Парти организацийӗсем ӗҫҫынни депутачӗсен вырӑнти Совечӗсене суйланӑ чухне пысӑк ӗҫсем туса ирттерчӗҫ. Партипе совет ӗҫӗнчи ертсе пыракан работниксем нумайӑшӗ ӗҫҫыннисен пухӑвӗсенче политикӑллӑ докладсем час-часрах тума пуҫларӗҫ.

Хальхи вӑхӑтра республикӑра 1.255 ялти агитколлектив ӗҫлет. Вӗсем 23.000 яхӑн агитатора пӗрлештерсе тӑраҫҫӗ. Вӗсем хушшинче колхозниксем 9.832, учительсем—7.340, медицина работникӗсем—1.000 ҫынна яхӑн, ялхуҫалӑх специалисчӗсем 878, культурӑпа ҫутӗҫ учрежденийӗсен работникӗсем 882 ҫын шутланаҫҫӗ.

Колхозсенчи нумай агитколлективсем лайӑх ӗҫлеҫҫӗ. Тӗслӗхрен, Комсомольски районӗнчи Мичурин ячӗпе тӑракан колхозри пуҫламӑш парторганизаци ҫумӗнчи агитколлектива илме пулать (руководителӗ Михайлов юлташ). Агитколлективра пӗтӗмпе 47 агитатор. Агитколлектив хӑйӗн ӗҫне план тӑрӑх тата тӑтӑшах туса пырать. Ӗҫҫынни депутачӗсен вырӑнти Совечӗсен суйлавне хатӗрленсе ирттернӗ вӑхӑтра агитаторсем колхозниксем валли 18 доклад туса панӑ, 500 калаҫу ирттернӗ, 9 номер стена хаҫачӗ тата 49 номер боевой листок кӑларнӑ, 109 лозунг тата плакатсем ҫырнӑ. Михайлов юлташ агитколлектива пӗлсе ертсе пырать, кашни эрнере канашлусем, агитаторсем валли семинарсем ирттерет. Агитаторсен семинарӗсемпе канашлӑвӗсенче ҫывӑх вӑхӑтра ирттермелли калаҫусем валли хатӗрленӗ инструктивлӑ докладсене сӳтсе яваҫҫӗ, пӗр-пӗрин ӗҫ опычӗпе паллашаҫҫӗ.

Ислюков юлташ агитатор Кавказов юлташ (Сӗнтӗр районӗнчи «Ҫӗнӗ Юнка» колхоз), агитатор Сидоров юлташ (Комсомольски районӗнчи «Гигант» колхоз) тата ытти агитаторсен ӗҫӗсем ҫинчен тӗплӗн каласа парать.

Лайӑх ӗҫлекен агитаторсем кашни районтах пур. Анчах та, тет докладчик, агитациллӗ-пропагандӑллӑ ӗҫӗн шайӗ пӗтӗм республикипе илсен ҫаплах Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ кӑларса тӑратнӑ задачӑсемпе ӗҫҫыннисен ӳсnӗ ыйтӑвӗсенчен юлса пырать-ха.

Ку ӗҫри пысӑк ҫитменлӗхсенчен пӗри вӑл—докладсемпе калаҫусен тата пичетлӗ пропагандӑпа агитаци ӗҫӗн идейӑллӑ-политикӑллӑ шайӗ аялти вырӑнта тӑни пулать.

Тӗрӗсленӗ тӑрӑх, Етӗрне районӗнче идейӑллӑ-политикӑллӑ ӗҫе япӑхтарнине палӑртнӑ, парти райкомӗ политикӑллӑ ӗҫри идеологиллӗ йӑнӑшсем ҫине килӗшсе пӑхнӑ.

Етӗрне райкомӗ агитаторсене ҫителӗксӗр ертсе пырать. 1952 ҫул хушшинче райком районти агитаторсен пухӑвне пӗрре те ирттермен, агитколлективсен руководителӗсен канашлӑвне те виҫӗ хут кӑна ирттернӗ. Ҫав канашлусенче агитколлектив руководителӗсем ҫурри кӑна пулнӑ.

Районти ертсе пыракан партипе совет работникӗсем мӗн юлашки вӑхӑтченех колхозниксем хушшинче политикӑллӑ докладсем сайра хутра кӑна тунӑ, кая юлнӑ сиенлӗ шухӑшсене хирӗҫ кӗрешмен, колхозниксене тӗрӗс воспитани пама тӑрӑшман. Ҫакна пула парти организацийӗсемпе колхозсенчи ӗҫсем вӑйсӑрланнӑ. Етӗрне районӗнчи колхозсем 1952 ҫулхи ялхуҫалӑх ӗҫӗсене, унччченхи ҫулсенчипе танлаштарсан, начартарах ирттернӗ.

Парти организацийӗсен, мӗнпур агитаторсен малти вырӑнта тӑракан задачи вӑл—массӑсем хушшинчи политикӑллӑ агитаци ӗҫӗн идейӑллӑ шайне ӳстересси, политикӑллӑ ӗҫри идеологиллӗ йӑнӑшсене хирӗҫ татӑклӑн кӗрешесси пулать. Пирӗн мӗнпур политикӑллӑ ӗҫре, кирек мӗнле политикӑллӑ калаҫура та партин XIX-мӗш съезчӗн решенийӗсемпе тата КПСС Центральнӑй Комитечӗпе Совет правительстви пирӗн ҫулпуҫӑмӑр И. В. Сталин юлташ вилнӗ кунсенче пичетлесе кӑларнӑ документсемпе усӑ курмалла. Кашни калаҫу, кашни доклад ҫак документсенчен пуҫланмалла.

Кашни колхозра, кашни агитаторӑн агитациллӗ-массӑллӑ ӗҫе куллен туса пымалла. Обком калаҫусен, докладсен, лекцисен тематикине тӑтӑшах пичетлесе пырать. Кашни агитаторӑн ҫак темӑсем тӑрӑх колхозниксем хушшинче калаҫусем ирттермелле, хаҫатсем вуласа памалла, колхозниксене ҫӗршывӑн шалти тата тулашри пуллӑ ӗҫӗсемпе паллаштармалла. КПСС Центральнӑй Комитечӗ парти организацийӗсене агитаторсене пухса тӑтӑшах семинарсем ирттерме, вӗсене пӗр-пӗрин опычӗпе паллаштарма тата агитаторсене вӗрентме хушать. Парти райкомӗсен агитколлективсен руководителӗсен семинарӗсене тӑтӑшах ирттермелле. Вӗсене теориллӗ пулӑшу тата кӑтартусем пани кирлӗ. Политикӑллӑ-массӑллӑ ӗҫӗн центрӗ хальхи вӑхӑтра производствӑллӑ бригада пулса тӑмалла. Уй-хир ӗҫӗсем пуҫлансан ку ӗҫе уя кӑлармалла.

Уй-хирте ӗҫлекенсем патне хаҫат-журналсем йӗркеллӗ илсе пымалла тӑвасси ҫине уйрӑмах тимлӗн пӑхмалла.

Пире парти политикӑллӑ агитаци предметлӑ, конкретлӑ, тӗрӗс, кӗрешӳллӗ пулмалла, тесе вӗрентет.

Хамӑр ҫитӗнӳсем ҫинчен каламасӑр хӑварни пулмалла мар, вӗсем ҫинчен калас пулать, вӗсем тӑрӑх ӗҫҫыннисене ҫак ҫитӗнӳсене мӗнле туни ҫинчен, ҫӗршыв, вӑл е ку колхоз тунӑ ҫитӗнӳсем ӗҫҫыннисене мӗн пани ҫинчен каласа парса воспитани памалла.

Ҫавӑн пекех хамӑр ӗҫри ҫитменлӗхсем патӗнчен те иртсе каймалла мар. Час-часах пирӗн докладсем ытла та яка пулса тухаҫҫӗ. Докладсенче вичкӗн ыйтусене сиктерсе хӑвараҫҫӗ. Хӑшпӗр докладсем шухӑша вӑратмаҫҫӗ, ыйтӑва тӳрех ярса илмеҫҫӗ. Ҫакӑн пек пуласси вӑл пурнӑҫран тата конкретлӑ задачӑсенчен уйрӑлнинчен, аудитори мӗнпе пурӑннине пӗлменнинчен килет. Ҫакӑн пек те пулать: докладчик пӗр докладах малта пыракан колхозра та, кайра пыракан колхозра та нимӗн улӑштармасӑрах тӑвать.

Политикӑллӑ ӗҫре эпир колхозниксене обществӑллӑ хуҫалӑха ҫӗклентерме пулӑшакан колхозри резервсене уҫса памастпӑр, ӗҫ дисциплинине, ялхуҫалӑх артелӗн Уставне пӑсакансене питлеместпӗр, ҫакӑн пек пӑсӑклӑхсем вӗсем колхозниксене мӗн пек сиен кӳни ҫинчен массӑсене ӑнлантарса памастпӑр.

Районсем, колхозсем, бригадӑсем, фермӑсем, колхозниксем хушшинче социализмла ӑмӑртӑва чӑннипе организацилесси ҫине тимлӗ пӑхмалла.

Социализмла обязательствӑсене йышӑннӑ хыҫҫӑн вӗсем ҫинчен манса кайнипе тӗкех эпир килӗшсе тӑма пултараймастпӑр. Ҫак обязательствӑсем ҫинчен, уйрӑмах тӗп ӗҫӗн показателӗсем ҫинчен пирӗн массӑсене яланах асӑрхаттарса тӑмалла, вӗсене плакатсем, лозунгсем ҫине ҫырса хумалла. Ӑмӑрту мӗнле пыни ҫинчен калаҫусенче, стена хаҫачӗсенче, боевой листоксенче, кӑтарту хӑмисенче кӑтартса памалла. Вӗсем кашни колхозра, кашни бригадӑра пулмалла. Ӑмӑрту вӑйӗ—унӑн результачӗсем ҫинчен пурне те пӗлтерсе тӑнинче.

Пирӗн ялхуҫалӑхӗнчи ҫитӗнӳсем машина-трактор станцийӗсен ӗҫӗсенчен килеҫҫӗ. МТС работникӗсен ҫакна лайӑх ӑнланса илес пулать. Вӗсен тырпул тухӑҫлӑхне ӳстерес тата колхозсенче выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе лайӑхлатас тӗлӗшпе хӑйсен организаторла рольне ӳстермелле. Механизаторсем хушшинчи политикӑллӑ ӗҫ МТС-сене ҫуракине ӑнӑҫлӑн хатӗрленсе ҫитме, ҫураки ӗҫӗсене пысӑк пахалӑхпа ирттерме тата хӑйсем колхозсем умӗнче илнӗ обязательствӑсене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫлама пулӑшмалла.

Кашни трактор бригадинче куҫса ҫӳрекен библиотекӑсем, радиоприемниксем, хаҫатсемпе журналсем, боевой листок макечӗсем, кӑтарту хӑмисем илсе ҫӳрекен пӗчӗк вагонсем пулмалла. Кашни трактор бригади валли малтанах агитаторсене уйӑрса хумалла. Бригадӑсем колхозсене тухса кайиччен агитаторсене тӗплӗ инструктаж памалла.

Юлашкинчен Ислюков юлташ ялхуҫалӑхне малалла хӑпартас тӗлӗшпе хаҫатсемпе журналсем тата культурӑпа ҫутӗҫ учрежденийӗсем умӗнче тӑракан задачӑсем ҫинче тӗплӗн чарӑнса тӑрать.

* * *

Ислюков юлташ доклачӗ тӑрӑх пренире 22 ҫын тухса каланӑ. Чи малтан Вӑрмар районӗнчи «Дружба» колхозри агитатор Галкин юлташ сӑмах илет.

— Пирӗн колхозри колхозниксемпе колхозницӑсем, — тет Галкин юлташ, — партин XIX-мӗш съезчӗ ялхуҫалӑх енӗпе кӑларса тӑратнӑ тӗп задачӑна пурнӑҫлассишӗн хӑйсен вӑйӗсене шеллемесӗр кӗрешеҫҫӗ. Пирӗн колхозниксем кӑҫал кашни гектар пуҫне 25-шер центнер ыраш, ҫурхи культурӑсем кашни гектар пуҫне 20-шер центнертан кая мар туса илме задача кӑларса тӑратрӗҫ.

Вӑл ҫак задачӑна пурнӑҫлас тӗлӗшпе ку таранччен мӗн туни ҫинчен тата малашне мӗн тума шутлани ҫинчен тӗплӗн каласа парать. Ыраша лайӑх хатӗрленӗ ҫӗр ҫине сортлӑ вӑрлӑхсемпе акса хӑварнӑ. Хӗллехи агротехникӑллӑ ӗҫсене колхоз ӑнӑҫлӑ пурнӑҫласа пырать. Калчасем ҫинче 50—60 сантиметр хулӑнӑш юр выртать. Уя 20 пин лав тислӗк кӑларнӑ. Минераллӑ удобренисем кӳрсе килнӗ. Суркунне кӗр калчи ҫине пӗтӗм лаптӑкӑшӗпех минераллӑ удобренисем сапалпӑр. Ҫураки валли колхоз паха вӑрлӑх хатӗрлесе хунӑ. Сурхи тӗштырӑсене 5—7 кун хушшинче акса пӗтерме палӑртнӑ. Ялхуҫалӑх культурисене сиен кӳрекен хурткӑпшанкӑсене пӗтерме мӗн кирлине кӳрсе килнӗ.

Малалла Галкин юлташ колхоз правленине агитколлектив мӗнле пулӑшу пани ҫинчен каласа парать. Агитколлектив 54 ҫынна пӗрлештерсе тӑрать. Вӗсене вуншар кил тӑрӑх ҫирӗплетсе тухнӑ. Выльӑх-чӗрлӗх фермисенче ӗҫлеме те ятарласа агитаторсем уйӑрнӑ. Агитаторсем партипе правительство решенийӗсем ҫинчен колхозниксемпе колхозницӑсене вӑхӑтра тата тӗрӗс ӑнлантарса параҫҫӗ, вӗсене ура тӑракан задачӑсене чыслӑ пурнӑҫлама мобилизацилеҫҫӗ. Кӑҫалхи ҫул пуҫланнӑранпа агитколлектив вӑйӗпе 25 лекци тата доклад ирттернӗ, 5 номер стена хаҫачӗ тата 53 номер боевой листок кӑларнӑ.

Хальхи вӑхӑтра агитаторсем партипе правительство траурлӑ кунсенче кӑларнӑ постановленисем ҫинчен, Маленков, Берия, Молотов юлташсем траурлӑ митингра каланӑ сӑмахсем ҫинчен тата СССР Верховнӑй Совечӗн IV-мӗш сессийӗ йышӑннӑ постановленисемпе законсем ҫинчен ӑнлантарса параҫҫӗ.

Малалла Сӗнтӗрвӑрри районӗнчи «Коммунизм» колхоз председателӗн заместителӗ агитатор Андреев юлташ сӑмах илет. Вӑл конкретлӑ тӗслӗхсемпе «Коммунизм» ялхуҫалӑх артелӗ ӳссе пынине кӑтартать. Колхоз нумай отраслӗллӗ хуҫалӑх пулса тӑнӑ. Колхозра ӗҫкунӗсем тӑрӑх тырӑсӑр пуҫне 1 тенкӗ те 20 пус укҫан тата 2,5 килограмм пахча ҫимӗҫсемпе ҫӗрулми валеҫсе панӑ. Колхоз государствӑна ялхуҫалӑх продукчӗсем памалли плана тата вӑрман хатӗрлев планне вӑхӑтра тултарса пырать. Чкаловски районӗнчи ялхуҫалӑх ӗҫченӗсем мӗнпур ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне ӳстерессишӗн тата обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе вӑйлатассишӗн социализмла ӑмӑртӑва сарса яма чӗнсе каланине сӳтсе явса, тет Андреев юлташ, пирӗн артель колхозникӗсем конкретлӑ обязательствӑсем йышӑнчӗҫ. 1953 ҫулта тӗштырӑсем вӑтам шутпа гектар пуҫне 20-шер центнер, кантӑр вӑрри 5,5 центнер, кантӑр сӳсӗ 6-шар центнер, ҫӗрулми 200-шер центнер, нумай ҫул ӳсекен курӑк вӑррисем 2-шер центнер, ҫырла 35-шер центнер илмелле. Ҫуракине мартӑн 25-мӗшӗ тӗлне пӗтӗмпех хатӗрленсе ҫитмелле. Пирӗн колхозниксем Киров ячӗпе тӑракан тата «Молния» колхозсен членӗсене социализмла ӑмӑртӑва чӗнчӗҫ. Агитколлектив 32 ҫынна пӗрлештерсе тӑрать. Вӑл ҫак обязательствӑсене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫламалла тӑвас тесе хӑйӗн ӗҫне вӑйлатса ячӗ. Агитаторсем колхозниксене ялхуҫалӑхне пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра аталантармалли задачӑсем ҫинчен каласа параҫҫӗ, малта пыракансен опычӗ ҫинчен хаҫатсемпе журналсенче ҫырнӑ материалсене ӑнлантарса параҫҫӗ, Маленков, Берия, Молотов юлташсем траурлӑ митингра каланӑ сӑмахсене, СССР Верховнӑй Совечӗн IV-мӗш сессийӗн материалӗсене вуласа парса ӑнлантараҫҫӗ. Ҫурхи уй-хир ӗҫӗсен тапхӑрӗнче тумалли агитациллӗ-массӑллӑ ӗҫӗн планне туса хатӗрленӗ. Андреев юлташ «Коммунизм» колхоз членӗсем партипе правительство ялхуҫалӑхне малалла хӑпартса пырас тӗлӗшпе кӑларса тӑратнӑ задачӑсене чыслӑн пурнӑҫлӗҫ, тесе шантарса калать.

Ишлей районӗнчи «Знамя труда» колхозри выльӑх-чӗрлӗх фермин заведующийӗ агитатор Лазарева юлташ колхоз правленийӗпе парти организацийӗ выльӑх-чӗрлӗх фермипче ӗҫлекенсен культурӑллӑ ыйтӑвӗсене тивӗҫтерес тӗлӗшпе тӑрӑшса ӗҫлени ҫинчен каласа парать. Выльӑх-чӗрлӗх фермипче ӗҫлекен работниксем хаҫат-журналсем илсе тӑраҫҫӗ, радио тӑрӑх ҫӗнӗ хыпарсем итлеҫҫӗ. Малта пыракан работниксен опычӗ ҫинчен вуласа пӗлни тата итлени выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫре малта пыракансем пек ӗҫлеме хавхалантарать, тет Лазарева юлташ. — Эпир ҫакӑн пек тума тӑрӑшни сая каймасть. Сӗт суса илесси ҫултан-ҫул ӳссе пырать. Тӗслӗхрен, эпир 1950 ҫулта кашни сӑвакан ӗне пуҫне вӑтам шутпа 700-шер литр сӗт суса илнӗ пулсан, 1952 ҫулта 1.216-шар литр сӗт суса илтӗмӗр. Пирӗн дояркӑсем кӑҫал кашни сӑвакан ӗнерен 1.400-шер литр сӗт суса илме обязательство йышӑнчӗҫ.

Чкаловски районӗнчи «Авангард» хаҫат редакторӗ Мешков юлташ сӑмах илет.

— Кӑҫалхи икӗ уйӑх ҫурӑ хушшинче кӑна пирӗн редакци 573 ҫыру илчӗ. Ҫакӑ вӑл пирӗн совет пичечӗ чӑннипех халӑх пичечӗ пулса тӑни ҫинчен калать, тет Мешков юлташ. Малалла вӑл ялкорсемпе тата стена хаҫат редакторӗсемпе мӗнле ӗҫлени ҫинчен каласа парать. Иртнӗ ҫул корреспондентсен активне пухса виҫӗ канашлу, стена хаҫат редакторӗсене пухса виҫӗ канашлу ирттернӗ. Ҫавӑн пекех тата ҫамрӑк корреспондентсемпе ялхуҫалӑхӗнче малта пыракансен канашлӑвӗсене ирттернӗ. Мешков юлташ ӗҫҫыннисен ҫырӑвӗсем ҫине тимлӗ пӑхма кирли ҫинчен калать. Вӑл ку тӗлӗшпе «Советская Чувашия» хаҫат ӗҫӗнче те ҫитменлӗхсем пуррине кӑтартать. Уйрӑммӑн илсен вӑл ҫакӑн пек тӗслӗх илсе кӑтартать. Вӗсем «Советская Чувашия» редакцине виҫҫӗн алӑ пусса ҫыру янӑ. Анчах ҫак ҫыру пирки темиҫе уйӑх хушши нимӗнле ответ те илмен.

— Хавасланса ӗҫлес килет,—тет Пӑрачкав МТС комбайнерӗ Наумов юлташ хӑйӗн сӑмахӗнче.—Партипе правительство куллен тӑрӑшнипе пирӗн ялхуҫалӑхӗ малта пыракан техникӑпа пуянланса пырать. Кӑна Пӑрачкав МТС-ӗн ӗҫӗсенчен те курма пулать. Юлашки икӗ ҫул хушшинче машина паркӗ икӗ хут ӳснӗ. Эпир дизеллӗ хӑватлӑ тракторсем тата ытти чаплӑ машинӑсем нумай илтӗмӗр.

Малалла Наумов юлташ ҫак техникӑпа мӗнле усӑ курни ҫинчен тӗплӗн каласа парать. Тракторсемпе тумалли ӗҫсен планне тата комбайнсемпе тырпул пухса кӗртмелли плана чылай ирттерсе тултарнӑ. Пӑрачкав МТС механизаторӗсем 1953 ҫул валли тата пысӑкрах обязательствӑсем йышӑннӑ.

Наумов юлташ агитаторсен ӗҫре тата йӑлара пурнӑшӗн те примерлӑ пулма кирли ҫинчен калать. Эпӗ тракторист пулса ӗҫленӗ чухне, тет вӑл, малта пыракан тракторист пулнӑ. Халӗ комбайнер пулса ӗҫлетӗп, хамӑн социализмла обязательствӑсене кашни ҫул ирттерсе тултаратӑп. Иртнӗ ҫул С-6 комбайнпа ӗҫлесе эпӗ 538 гектар ҫинчи тырпула пухса кӗртрӗм, 6.567 центнер тырӑ ҫапса партӑм, 424 килограмм горючи перекетлерӗм. Производствӑра лайӑх тӗслӗх кӑтартни мана агитаци ӗҫне ӑнӑҫлӑн туса пыма май парать, эпӗ юлташсене итлеттерме пултаратӑп. Эпӗ агитатор пулса ӗҫлекен пиллӗкмӗш трактор бригади трактор ӗҫӗсен планне 136 процент тултарнӑ, 15 лаша вӑйлӑ кашни тракторпа 558 гектар ҫӗр ӗҫлесе панӑ. Кӑҫал пиллӗкмӗш бригадӑри механизаторсем 15 лаша вӑйлӗ кашни тракторпа 600-шер гектар ҫӗр ӗҫлесе пама, кашни гектартан 19-шар центнер тӗштырӑ туса илессишӗн кӗрешме обязательство йышӑнчӗҫ. Мана илес пулсан, эпӗ хамӑн комбайнпа 600 гектар ҫинчи тырпула пухса кӗртме тата 11.500 центнертан кая мар тырӑ ҫапса пама, кашни сакӑрмӗш кун перекетленӗ горючипе ӗҫлеме пулатӑп.

Сидоров юлташ — Комсомольски районӗнчи «Гигант» колхозри агитатор — хӑйсен агитколлективӗ 27 ҫынна пӗрлештерсе тӑни ҫинчен, агитаторсем нумайӑшӗ бригадӑсенче тата выльӑх-чӗрлӗх фермисенче ӗҫлекенсем пулни ҫинчен каласа парать. Малалла вӑл стена хаҫачӗн ӗҫӗсемпе колхозри радиоузел передачисем ҫинче чарӑнса тӑрать. Колхозра стена хаҫачӗ йӗркеллӗ тухса тӑрать. Хаҫат пичетлесе кӑларакан критикӑллӑ материалсене колхоз правленийӗн ларӑвӗнче тата парти пухӑвӗсенче пӑхса тухаҫҫӗ, ҫав материалсем тӑрӑх мӗнле мерӑсем йышӑнни ҫинчен вулакансене ҫийӗнчех пӗлтереҫҫӗ.

Борисов юлташ Хӗрлӗ Чутай районӗнчи Туктамӑш ял клубӗн опычӗ ҫинчен каласа парать. Клуб хӑйӗн ӗҫӗнче анлӑ актив ҫине таянать. Ялти интеллигенци—учительсем, ялхуҫалӑх специалисчӗсем, медицина работникӗсем, — лекторсем пулса ӗҫлеҫҫӗ. Агитаторсен группи организациленӗ художествӑллӑ пултарулӑх коллективӗ ӗҫлет, драма, хор, спорт кружокӗсем ӗҫлеҫҫӗ. Лекторсен пӗрлешӗвӗн членӗсен вӑйӗпе иртнӗ ҫул 67 лекци тата доклад, кӑҫал 19 лекци тата доклад ирттернӗ. Ҫуракине ӑнӑҫлӑ хатӗрленсе ирттерессишӗн, обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе вӑйлатассишӗн, колхозӑн обществӑллӑ хуҫалӑхне вӑйлатассишӗн, ӗҫ дисциплинине тӗреклетессишӗн агитаципе пропаганда ӗҫне анлӑ сарса янӑ. Клубра ССР Союзне аталантармалли пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план ҫинчен, коммунизмӑн аслӑ стройкисем ҫинчен наглядлӑй агитаци организациленӗ, ҫавӑн пекех ялхуҫалӑх литературин выставкине уҫнӑ. Клубра ялхуҫалӑх работникӗсем валли паракан радиопередачӑна итлессине лайӑх организациленӗ. Колхоз председателӗ тата бригадирсем библиотекӑран тӑтӑшах кӗнекесем илсе вулаҫҫӗ. Ҫуркуннехи уй-хир ӗҫӗсем вӑхӑтӗнче ирттермелли агитациллӗ-массӑллӑ ӗҫсен планне туса хатӗрленӗ.

Тӑвай райсовет исполкомӗн культурӑпа ҫутӗҫ пайӗн заведующийӗ Иванов юлташ районти культурӑпа ҫутӗҫ учрежденийӗсен ӗҫӗсем ҫинчен каласа парать. Вӑл Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ ҫумӗнчи Культурӑпа ҫутӗҫ учрежденийӗсен управленине критиклет. Вӑл каланӑ тӑрӑх, Управлени ялта культурӑпа ҫутӗҫне лайӑхлатас ыйтусем енӗпе вӑйсӑр ӗҫлет. Управлени начальникӗ Костин юлташ тата Управленин ытти работникӗсем вырӑнта сахал пулаҫҫӗ. Тӑвай районӗнче юлашки пилӗк ҫул хушшинче управлени начальникӗпе унӑн заместителӗ пӗрре те пулса курман. Иванов юлташ ҫавӑн пекех парти обкомӗн пропагандӑпа агитаци пайӗнчи ҫитменлӗхсене кӑтартса парать. Пропагандӑпа агитаци пайӗ обком Тӑвай районӗнчи культурӑпа ҫутӗҫ учрежденийӗсен ӗҫӗсем ҫинчен йышӑннӑ решенине мӗнле пурнӑҫланине тӗрӗслемест. Малалла Иванов юлташ Ҫӗрпӳри библиотека техникумӗ практикӑллӑ ӗҫ валли начар хатӗрленӗ работниксем вӗрентсе кӑларни ҫинчен калать.

Канашлура ҫавӑн пекех КПСС Йӗпреҫ райкомӗн пропагандӑпа агитаци пайӗн заведующийӗ Оленина юлташ, Ҫӗрпӳ районӗнчи «Новая жизнь» колхоз агрономӗ Лукин юлташ, Первомайски районӗнчи «Пионер» колхозри агитатор Казеев юлташ, Сурмайдан МТС директорӗн политика енӗпе ӗҫлекен заместителӗ Малыгин юлташ, Етӗрне районӗнчи Буденный ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ Юхтанов юлташ, Улатӑр МТС директорӗн политика енӗпе ӗҫлекен заместителӗ Митин юлташ, Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ ҫумӗнчи культурӑпа ҫутӗҫ учрежденийӗсен управленийӗн начальникӗ Костин юлташ, Ҫӗрпӳ районӗнчи Мичурин ячӗпе тӑракан колхоз клубӗн заведующийӗ Семенова юлташ, Ҫӗрпӳ МТС-ӗн трактор бригадин бригадирӗ Степанов юлташ, Елчӗк районӗнчи Ворошилов ячӗпе тӑракан колхоз агрономӗ Васильева юлташ, Вӑрнар районӗнчи «Большевик» колхоз агитаторӗ Керанов юлташ, политикӑллӑ тата наукӑллӑ пӗлӳсем саракан Пӗтӗм Союзри обществӑн Чӑваш уйрӑмӗн правленийӗн ответлӑ секретарӗ Кузьмина юлташ, Шупашкар районӗнчи Крупская ячӗпе тӑракан колхозри агитколлектив руководителӗ Егоров юлташ тата Пӑрачкав районӗнчи хаҫат редакторӗ Чернышева юлташ тухса каланӑ.

Канашлу Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетне ҫыру яма йышӑннӑ.

Канашлу ӗҫне КПСС Чӑваш обкомӗн пӗрремӗш секретарӗ Ахазов юлташ тата Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗн председателӗ Афанасьев юлташ хутшӑннӑ.

# Идейăпа илемлĕх тĕлĕшĕнчен çӳлте тăракан литературăпа искусствăшăн

Мартăн 18—20-мĕшĕсенче Шупашкарта чăваш совет литературипе искусствинче ĕçлекенсен пухăвĕ пулса иртрĕ.

Пухăва уçса, КПСС Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ Н. Никитин юлташ пирĕн юратнă çулпуçăмăр, тăван аттемĕр тата учителĕмĕр Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ пирки пĕтĕм ĕçсыннисем чун-чĕререн хурланни çинчен, çулпуçăмăр чĕри тапма чарăнни, вăл пирĕнтен ĕмĕрлĕхех уйрăлса кайни совет халăхĕшĕн, пĕтĕм тĕнчери этемлĕхшĕн каялла тавăрма çук йывăр çухату пулса тăни çинчен калать.

— Иосиф Виссарионович Сталинăн çутă ятне ура çине тăрса хисеп тума ыйтатăп,— тет Никитин юлташ. Пурте тăраççĕ.

— Юлташсем — тет вăл малалла. —Мартăн 14-мĕшĕнче Прагăра Чехословаки Республикин Президенчĕ, Совет Союзĕн шанчăклă тусĕ, пирĕн хаклă Клемент Готвальд вилсе кайрĕ. Клемент Готвальд ятне ура çине тăрса хисеп тума ыйтатăп. Пурте тăраççĕ.

Çакăн хыççăн Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем çинчен тата çав решенисенчен чăваш совет литературипе искусствинче ĕçлекенсем умне тухса тăракан задачăсем çинчен чăваш совет писателĕсен Союзĕн правленийĕн председателĕ М. Шумилов юлташ доклад туса пачĕ.

Вăл хăйĕн докладĕнче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисен, И. В. Сталин съездра тухса каланă сăмахăн, вăл çырнă «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле кĕнекен пысăк пĕлтерĕшĕ çинчен, вĕсем совет халăхне питех те хавхалантарни çинчен калать.

— Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисем, Сталин юлташăн социализмран майĕпен коммунизма куçса пыма çул кăтартса тăракан вилĕмсĕр ĕçĕ совет халăхне пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ытлашшипех тултарассишĕн, Сталин кăтартса хăварнă аслă ĕçсене пурнăçа кĕртессишĕн вăй-хăвата шеллемесĕр, чун-чĕререн парăнса ĕçлеме хавхалантараççĕ,—тет вăл.

Коммунистсен партийĕ совет литературипе искусствине малалла аталантарассишĕн кирек хăçан та тăрăшнă, тăрăшать те. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче совет литературипе искусствине аталантарас ыйту паллă вырăнта тăчĕ. Г. М. Маленков юлташ совет литературипе искусствинче ĕçлекенсем умне пархатарлă задачăсем кăларса тăратрĕ, совет литературипе искусствине аталантармалли çула кăтартса пачĕ.

— Пирĕн чăваш литературипе искусстви, — тет малалла Шумилов юлташ,— юлашки çулсенче чăннипех те пысăк çитĕнӳсем турĕç.

Чăваш писателĕсемпе композиторĕсен, художникĕсен произведенийĕсем пĕтĕм Совет Союзĕнчи халăх умне тухма тивĕçлĕ пулчĕç. Халĕ ĕнтĕ пирĕн чи лайăх произведенисене совет çĕршывĕнчи мĕнпур тăванла халăхсем пĕлеççĕ. 1950 çулта Тăван çĕршыв столицинче Мускавра хамăрăн литературăпа искусство вечерĕсене ирттерме тивĕçлĕ пултăмăр. Петр Хусанкайпа Яков Ухсайăн, Аркадий Эсхельпе Леонид Агаковăн, Александр Алгапа Стихван Шавлин, Алексей Талвирăн тата ыттисен чи лайăх произведенийĕсене вырăсла куçарса Шупашкарта та, Мускавра та пичетлесе кăларнă. Пирĕн композиторсен Филипп Лукинпа Герман Лебедевăн, Григорий Хирбюн тата ыттисен чи лайăх юррисем час-часах Мускавран радио тăрăх пĕтĕм совет çĕршывне илтĕнмелле янăраççĕ. Пирĕн композиторсен творчествине пĕтĕм халăх хапăл туса йышăннине Ф. Лукич композитор Сталинла премин лауреачĕн хисеплĕ ятне илме тивĕçлĕ пулни кăтартса пачĕ.

Чăваш совет литературин çитĕнӳсене палăртнă май, 1952 çулта пичетленсе тухнă паллăрах произведенисен шутне М. Шумилов юлташ çак произведенисене кĕртет: Федор Уяр çырнă «Шурча таврашĕнче» ятлă историллĕ романăн пĕрремĕш кĕнеки, Александр Артемьевăн «Хĕрлĕ çăлтăр» повеçĕ, Владимир Садайăн «Летчиксем» романăн пĕрремĕш кĕнеки, Алексей Талвирăн «Эсĕ инженер пулатăн» ятлă повеçĕсемпе калавсен кĕнеки.

— 1952 çулхи поэзире эпир çак произведенисене палăртма пултаратпăр, — тет вăл. — Чăваш халăх поэчĕн Петр Хусанкайăн «Горкăри çуртра» поэмине, Чăваш халăх поэчĕн Яков Ухсайăн «Кĕлпук мучи» кĕнекипе «Сул» ятлă çăвăллă романне, Стихван Шавлин сăвăсемпе поэмисен сборникне тата вăлах коммунизмăн аслă стройкисем çинчен çырнă сăвăсен ярăмне, Александр Алган «Юратсан» поэмипе Александр Кăлкан басенисен циклне.

М. Шумилов юлташ пуринчен ытла Яков Ухсай çырнă «Сул» ятлă сăвăллă роман çинче чарăнса тăрать. Докладчик каланă тăрăх, «Сул» роман идейăпа илемлĕх тĕлĕшĕнчен, чăваш литературинче юлашки çулсенче пичетленсе тухнă произведенисемпе танлаштарсан çӳлерех вырăнта тăракан произведени. Автор ăна пысăк ăсталăхпа, пурнăçа лайăх пĕлсе çырнă, романри геройсене куç умне яр-уççăн курăнмалла сăнласа кăтартма пултарнă. Çавăнпа ĕнтĕ çак роман пичетленсе тухни чăваш совет литератури пурнăçĕнче паллă ĕç пулса тăрать.

Чăваш совет писателĕсен произведенийĕсенчи лайăх енĕсене палăртнă хушăрах, М. Шумилов юлташ вĕсен çитменлĕхĕсем çинче уйрăммăнах нумай чарăнса тăрать. — Федор Уяр çырнă «Шурча таврашĕнче» романăн пĕрремĕш кĕнекинче те эпир лайăх енсемпе пĕрлех пысăк çитменлĕхсем пуррине куратпăр,—тет вăл.

— Романра халăх хуşшинчен тухнă вăйлă характерсене, халăх ăс-хакăлне, вăйне, хăюлăхне пĕтĕçтерсе тăракан геройсене кăтартса парайман. Романри тĕп герой Ухтиван мĕскĕнрех, хăюсăртарах, вăйсăртарах пулса тухнă. Çавăн пек герой ялти чухăнсене хăй тавра пĕтĕçтерсе пусмăрçăсене хирĕç татаклă кĕрешĕве илсе тухма пултарасса шансах каяс килмест. Ф. Уярăн «Ылтăн кĕркунне» кĕнекинче те пысăк çитменлĕхсем пур. Ку кĕнекере вăл чăваш халăхĕн ĕлĕкхи пурнăçне тĕрĕс мар кăтартса панă вырăн пур. Уяр шухăшĕпе чăваш халăхĕн ĕлĕк нимле шанчăк та, çутă ĕмĕт те пулман, унăн çулĕ вăрманалла, упа шăтăкнелле кăна илсе кайнă, урăх çул пулман. Паллах, ку историе пăсса кăтартни пулать.

Малалла докладчик К. Турханăн «Йăмраллă ял» романĕнчи пысăк çитменлĕх çинчен калать. Вăл каланă тăрăх, автор ку романра Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче совет çыннисем тĕнче тĕлĕнмелле паттăрла ĕçсем тунине, пысăк йывăрлăхсене çĕнтерсе пынине, вăл вăхăтри пуриншĕн те тĕслĕх пулса тăракан геройсен типлă сăнарĕсене çителĕклĕ кăтартса парайман. Çавăнпа ĕнтĕ ку произведени вулакансен чун-чĕрине çителĕклĕ таран хумхантараймасть.

Алексей Талвир çырнă «Эсĕ инженер пулатăн» повесть пирки каланă май, докладчик автор ĕçĕнчи çитменлĕхсене палăртать.

— Талвир хăй произведенийĕсен форми çинче, композицийĕпе чĕлхи çинче питĕ сахал ĕçлет. Унăн произведенийĕсенче ытлашши, кирлĕ мар детальсем нумай, вăл детальсем действие аталанма, характерсене вăйлăрах уçса кăтартма пулăшмаççĕ, чăрмантараççĕ çеç. Стиль тата чĕлхе енĕпе те çитменлĕхсем нумай.

Садайăн «Летчиксем» романĕ, пĕтĕмĕшпе илсен, лайăх произведени, анчах унта геройсем питĕ нумай, вăхăчĕ-вăхăчĕпе автор вĕсем хушшинче çухалса каять, çавăнпа ĕнтĕ тĕп геройсен характерĕсене тивĕçлипе уçса кăтартаймасть. Çакăнпа пĕрлех романра яр-уççăн курăнса тăракан сюжет йĕрĕ те палăрсах каймасть.

Малалла докладчик «Ялав» журналпа «Тăван Атăл» альманахра 1952 çулта кăйсен сăввисене пичетленĕ нумай поэтсен ячĕсене асăнать. Анчах 1952 çулта пирĕн пичетре вулакансен асне юлмалли идейăпа илемлĕх тĕлĕшĕнчен вăйлă сăвăсем питĕ сахал пичетленсе тухнă.

«Ялав» журналпа «Тăван Атăл» альманах тӳсме çук кая юлса тухаççĕ, журналпа альманах ĕçне паллă писательсем сахал хутшăнаççĕ. Çак журналсенче халиччен те идейăпа илемлĕх тĕлĕшĕнчен вăйсăр, пулса çитмен, чĕрĕ, час-часах тата пичете яма юрăхсăр произведенисем пичетленсе тухаççĕ. Журналпа альманахра Чăваш республикин паянхи вĕресе тăракан пурнăçне кăтартса паракан чăн-чăн илемлĕ очерксем çукки те пысăк çитменлĕх.

Поэзири çитменлĕхсем çинчен каласа, докладчик уйрăммăнах Петр. Хусанкайăн 1952 çулта «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленсе тухнă «Пирĕн Çеçпĕл» ятлă сăвви çинче чарăнса тăрать. Ку сăвăра автор пирĕн талантлă поэт сăнарне тĕрĕс мар сăнласа кăтартать. П. Хусанкай каланă тăрăх, Çеçпĕл Мишши «Сап-çара, катрашка чул çинчех» пĕр пĕччен çитĕнсе çуралнă çурхи чечек. Ку ĕнтĕ Çеçпĕл Мишшине хăй пурăннă вăхăтран, ăна çитĕнтернĕ партипе халăхран, пирĕн литературăн халиченхи традицийĕсенчен уйăрса кăтартни пулать. Кунпа, паллах, ниепле те килĕшме çук, мĕншĕн тесен ку чăнлăха пăсса кăтартни пулса тăрать.

Докладчик, Александр Алга çырнă «Юратсан» поэмăра вулакан чун-чĕрине хускатма, хумхантарма пултаракан конфликт çукки çинчен каланă хыççăн, Стихван Шавлы поэт творчестви çинче чарăнса тăрать. Стихван Шавлы пирĕн поэзире хăйне евĕр поэт. Шавлы поэзийĕнчи чи пысăк çитменлĕх вăл—сăвă форми çинче, чĕлхе çинче çителĕклĕ ĕçлеменни, час-часах тата содержание формăран уйăрни.

Малалла докладчик чăваш совет драматургийĕ пирĕн литературăра чи кая юлнă жанр иккенне палăртать. Юлашки вăхăтра пирĕн драматургсем идейăпа илемлĕх тĕлĕшĕнчен тивĕçлĕ вырăнта тăракан, паянхи пурнăçа пур енчен те тĕрĕс сăнласа кăтартакан паха пьесăсем параймарĕç. Ку ĕçре драматургсене пурнăçра «конфликт çук» текен сиенлĕ теори те нумай чăрмантарчĕ. Чăваш академи театрĕн сцени çинче лартнă Д. Родионовăн «Сенкер кӳлĕ» пьеси те, «Тăван Атăл» альманахăн 4-мĕш кĕнекинче пичетленсе тухнă П. Осиповăн «Юханшыв хĕрриче» пьеси те, пурнăçри чăн-чăн конфликта илсе кăтартни енчен илсе пăхсан, вăйсăр, пулса çитеймен произведенисем. Ку тĕлĕшпе А. Эсхĕль драматург кăштах малалла кайнă теме пулать. Хăйĕн «Виçĕ туй» ятлă музыкăллă комедийĕнче вăл пурнăçри конфликта илсе кăтартать. Анчах вăл та ăна тивĕçлĕ таранах сивĕччĕн кăтартса параймасть.

Пĕтĕмĕшпе илсен, тет докладчик, пирĕн литература çаплах-ха пурнăçран юлса пырать, пирĕн халиччен те совет çыннисен — промышленноçри рабочисен, интеллигентсен, студентсен пурнăçне, ĕçне, паттăрлăхне, вĕсем коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн мĕнпур вăйне хурса, чун-чĕререн парăнса ĕçленине пур енчен те тарăннăн илсе кăтартса паракан произведенисем питĕ сахал. Çакă ĕнтĕ Чăваш совет писателĕсен Союзĕн правленийĕ, унăн творчествăллă секцийĕсем, çав хушăрах писательсемпе поэтсем çителĕксĕр ĕçленинчен килет.

Докладчик композиторсен, художниксен, артистсен ĕçĕсем çинче чарăнса тăрать. Вĕсен ĕçĕнчи çитĕнӳсене палăртнă хушăрах, вăл вĕсен творчествинчи çитменлĕхсем çинчен нумай калать. Пирĕн композиторсен юррисем илемлĕх тĕлĕшĕнчен час-часах вăйсăр пулса тухаççĕ, кĕввисем чухăн, халăх чĕри патне пыраймаççĕ, çавăнпа халăх хушшине сарăлаймаççĕ, ĕмĕрĕ те кĕске вĕсен. Пирĕн музыкăллă произведенисен тематики те ансăр. Совет çыннисен паттăрла ĕçне, телейлĕ пурнăçне, совет çĕршывĕн чапне мухтакан юрăсем сахал, сатирăлла, шӳтле юрăсем вара пачах çук темелле. Нумай юрăсен тексчĕ питĕ начаррине те палăртса хăвармалла.

Пуринчен ытла пирĕн художниксем пурнăçран кая юлса пыраççĕ. Паллах, çитĕнӳсем пачах çук мар, çитĕнӳсен шутне эпир И. Кудрявцевăн «К. В. Иванов» ятлă скульптурине, Евгений Ноздрев художникăн «Сулă юхтаракан» картинипе Ермолаева художницăн «Юннатка» картинине кĕртме пултаратпăр. Анчах ку питĕ, çитмА çук сахал. Нумай художниксем хăйсен картинисенче пирĕн вăхăтри ĕçпе вĕресе тăракан пурнăçа кăтартса параймаççĕ, паттăрла ĕçре, коммунизм тăвас аслă ĕçре республикипе, пĕтĕм совет çĕршывĕпе палăрнă совет çыннисен сăнарне курма çук вĕсен картинисенче. Пирĕн художниксен картинисем час-часах тĕссĕр пулса тухаççĕ, вĕсене пăхсан, ку картинăна ăçта художник аллипе тунă тесе калама çук. Художниксен пурнăçа тĕплĕнрех тĕпчесе вĕренмелле.

Театр çинчен каланă май, докладчик театрăн пултаруллă коллективĕ валли хăйĕн ăсталăхне хăватлăн кăтартма лайăх пьесăсем çукки çинчен тепĕр хут аса илет. Чăваш совет драматургийĕ кая юлса пыни чăваш совет театр искусствине малалла аталанма чăрмантарса тăрать. Театр сцени çинче пирĕн час-часах идейăпа илемлĕх тĕлĕшĕнчен вăйсăр пьесăсем лартаççĕ, ун пек пьесăсене сцена çине кĕме çул пулмалла мар. Театр коллективĕпе Чăваш совет писателĕсен Союзĕ çумĕнчи драмсекци пĕрлешсе çĕнĕ пьесăсене сӳтсе явас ĕç çаплах йăлана кĕрсе çитеймен-ха, малашне вĕсем пĕрпĕринчен уйрăм ĕçленине пĕтермелле.

Юлашкинчен М. Шумилов юлташ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисенчен литературăпа искусство работникĕсем умне тухса тăракан задачăсем çинчен калать. Вăл Маленков юлташ хăйĕн отчетлă докладĕнче каланă сăмахсене аса илтерет. «Эпир хамăр художниксемпе литераторсен ĕçĕнчи халтурăна хирĕç татаклă кĕрешсе пырсан çеç, литературăпа искусство произведенийĕсенчен суя та çĕрĕк шухăшсене ним шеллемесĕр тăпăлтарса ывăтсан çеç литературăпа искусство работникĕсем умĕнче тăракан пысăк та пархатарлă задача ăнăçлăн пурнăçа кĕме пултарать. Общество пурнăçĕнче çĕнние, ыррине пăхса ӳстерес тата кивеллине, пăнтăхса кайнине тымарĕпех пĕтерес тĕлĕшпе пыракан аслă кĕрешӳре пирĕн литературăпа искусство работникĕсен тивĕçĕ калама çук пысăк. Пирĕн писательсен, художниксен, композиторсен, кинематографи работникĕсен совет обществин пурнăçне тĕплĕн вĕренмелле, хамăрăн аслă халăха тивĕçлĕ пысăк художествăллă произведенисем памалла».

* * *

Пухура тухса калакансем кун йĕркинче тăракан ыйтăва сӳтсе явас ĕçе активлăн хутшăнчĕç.

**Ефимова** юлташ (радиокомитет) пирĕн чăваш оперине лартас тĕлĕшпе ĕçлеме кадрсем çителĕксĕррине, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи искусство ĕçĕсен Управленийĕ ку тĕлĕшпе ним чухлĕ те тăрăшманнине палăртрĕ.—«Нарспи» оперăна çырнăранпа нумай вăхăт иртрĕ ĕнтĕ, анчах эпир çав оперăна халиччен те сцена çине кăлармастпăр. Тата пирĕн лайăх юрăсем сахал, композиторсем мĕн кăна çыраççĕ, тиркесе тăмаççĕ, пурне те йышăнаççĕ. Апла туни нимех юрăхсăр, сиенлĕ, тет вăл. Çав хушăрах вăл çĕнĕ пьесăсене, театрта лартиччен, театр коллективĕпе драматургсен пĕрле пухăнса сӳтсе явма кирлине палăртать.

— Литературăпа искусство теори ыйтăвĕсене сӳтсе явас ĕç япăх пырать пирĕн,—тет **Бройтман** юлташ (пединститут). Малалла вăл Шупашкарта вырăсла тухса тăракан «Дружба» сборник çитменлĕхĕсем çинче чарăнса тăрать. Пиняевпа Евстафьев произведенийĕсенчи шухăша пăсакан чĕлхе шăйрăкĕсене кăтартса парать.

— Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем пирĕн умма, литературăпа искусствăра ĕçлекенсем умне, пысăк та пархатарлă задачăсем кăларса тăратрĕç,—тет **Филиппов** юлташ.—Пирĕн ку таранччен хамăр мĕн тунине, малашне мĕн тумаллине пăхса тухмалла. Филиппов юлташ симфониллĕ оркестр валли çĕнĕрен кадрсем хатĕрлес тĕлĕшпе никам та ĕçлеменнине, квалификациллĕ кадрсенчен нумайăшĕ, ĕçлеме кирлĕ условисем туса паман пирки, унта та кунта сапаланса пĕтнине аса илтерет. Хальхи чăваш композиторĕсем симфониллĕ оркестр валли произведенисем сахал çырнине палăртса, Филиппов юлташ Шупашкарти музыка училищинче хулари ачасем çеç вĕренме пултарни çинчен калать, ялтан килнĕ талантлă çамрăксене вĕрентме интернат уçас ыйтăва хускатать.

**Лукина** юлташ (политикăпа наука пĕлĕвĕсене сарас тĕлĕшпе ĕçлекен обществăн Чăваш республикинчи уйрăмĕ) писательсемпе композиторсем, художниксем тата артистсем халăх хушшинче лекци вулас ĕçе питĕ сахал хутшăнни çинчен калать. Халăх хушшинче ытларах лекцисем вуласа, пирĕн ĕççыннисене литературăпа искусствăна ăнланма, вĕсене юратма вĕрентмелле, тет вăл.

**Й. Кудрявцев** скульптор партин XIX-мĕш съездĕнче кăтартнă çитменлĕхсем чăваш художникĕсен ĕçĕнче татах та сивĕччĕнрех палăрни çинчен калать. Чăваш художникĕсем пурнăçран юлса пыраççĕ. Сăлтавĕ ăçта? Сăлтавĕ пултаруллă художниксем çуккинче мар мĕн, чăваш совет художникĕсен союзĕ начар ĕçленинче, вăл хăйĕн ертсе пырас ĕçне кирлĕ пек, тивĕçлипе туса пырайманнинче. Художниксем пĕр-пĕрин ĕçне хăюллăн критиклеме хăраса тăраççĕ. Художниксем пурнăçран юлса пыни, паянхи пурнăçа, паянхи совет çыннисен паттăрла ĕçне кăтартса паракан картинăсем çырас тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлеменни çакăнтан килет те.

**Лебедев** юлташ (композитор) композиторсен ĕçĕнчи çитĕнӳсене палăртнă хушăрах чăваш совет композиторĕсен Союзĕнче чăн-чăн принциплă критикăпа самокритика çителĕклĕ маррине палăртать.—Фандеев композитор «Виçĕ туй» ятлă комеди валли музыка çырсан, эпир ăна, сӳтсе явнă чух, ытларах ырларăмăр. Тĕрĕс мар тунă. Кайран, çитменлĕхсене чăннипе кăтартса парсан, Фандеев юлташăн нумай ĕçлемелле пулчĕ,—тет вăл.—Чăваш композиторĕсем партин XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă задачăсене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе мĕнпур вăйне хурса ĕçлĕç, аслă совет халăхне тивĕçлĕ музыкăллă произведенисем çырĕç.

Чăваш халăх поэчĕ **Яков Ухсай** писательсемпе художниксем, композиторсемпе музыкантсем хушшинче тачă çыхăну çукки çинчен калать.—Пирĕн халиччен те литературăна пачах пĕлмен, унпа ним чухлĕ те интересленмен композиторсем те, художниксем те, музыкантсем те сахал мар. Çав хушăрах музыкăна, изоискусствăна тата театр искусствине пĕлмен, унпа интересленмен писательсемпе поэтсем те сахал мар. Ку пысăк çитменлĕх. Çакăнта пирĕн литературăпа искусствăн вăйсăр енĕ. Ĕçре пĕр-пĕринпе хутшăнмастпăр эпир,—тет вăл. Малалла Ухсай пирĕн романсемпе повеçсем пысăк пулсан та содержани енчен илсе пăхсан пĕчĕккине, содержанийĕ вĕсенче пĕр пĕчĕк калавлăх кăна иккенне палăртать. Çав хушăрах вăл пирĕн критиксем пурăнакан писательсемпе поэтсен произведенийĕсемпе сахал интересленни çинчен, вилнĕ писательсем пирки ытларах çырма юратни çинчен калать.

**Ильбек** писатель чăваш орфографи словарĕн çитменлĕхĕсем çинче чарăнса тăрать. Чĕлхеçĕсем чăваш чĕлхине пуянлатас тĕлĕшпе мар, ăна пăсас тĕлĕшпе ытларах ĕçленине палăртать вăл.—Пирĕн орфографи словарĕ тăрăх ниепле майпа та тĕрĕс çырма пĕлмелле мар, унта нимле система та çук, тет вăл.

Чăваш халăх поэчĕ **С. В. Эльгер** çамрăк писательсемпе ĕçлес, вĕсене пулăшу парса тăрас ыйту çинче ытларах чарăнса тăчĕ. Ку тĕлĕшпе чăваш совет писателĕсен Союзĕн правленийĕ питех те çителĕксĕр ĕçленине палăртрĕ.

Пухура пĕтĕмпе 21 çын тухса каласрĕ. Вĕсен шутĕнче Сироткин (педагогика наукисен кандидачĕ), Ржанов (драматург), Долгов (критик), Пиняев (поэт), Романов (режиссер), Алексеев (артист), Спиридонов (Чăваш совет художникĕсен Союзĕн правленийĕн председателĕ) тата ытти те.

Пуху хупăнас умĕн КПСС Чăваш обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ М. Семенов юлташ сăмах тухса каларĕ. Хăйĕн сăмахĕнче вăл чăваш совет литературипе искусствин çитменлĕхĕсем çинчен, чăваш совет литературипе искусстви çаплах-ха пурнăçран кая юлса пыни çинчен, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ совет литературипе искусство работникĕсем умне кăларса тăратнă пысăк та пархатарлă задачăсем çинчен каларĕ.

Пуху йышăннă решенире чăваш совет литературипе искусствин аталанăвĕнчи çитменлĕхсене лĕтерес тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсем тума палăртнă.

# СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствинче

Кăçалхи мартăн 18-мĕшĕнче США-н Совет Союзĕнчи Посольстви, хăйĕн правительстви хушнипе, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствине нота ярса панă. Унта каланă тăрăх, мартăн 15-мĕшĕнче США сывлăш-çар вăйĕсен «РБ-50» йышши самолечĕ çине уçă тинĕсре, координатсем 54° 02′ çурçĕр широти тата 161° 04′ хĕвелтухăç долготи пулнă пунктра (Камчатка çыранĕсем патĕнче) совет истребителĕсем тапăннă пулать. США нотинче çак ĕç пирки протест тунă.

Мартăн 21-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви США-н Мускаври Посольствине çакăн пек ответлă нота ярса панă:

«Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен Посольстви 1953 çулхи мартăн 18-мĕшĕнче ярса панă 683 номерлĕ нота пирки çакăн пек пĕлтерме кирлĕ тесе шутлать.

Тĕрĕсленĕ тăрăх çакна палăртнă: кăçалхи мартăн 15-мĕшĕнче вырăнти вăхăтпа 11 сехет те 57 минутра, «Крестовый» сăмсах районĕнче (Камчатка çурутравĕн кăнтăр пайĕ) Америкăн «Б-29» йышши бомбардировщикĕ СССР государство чиккине пăснă, çыран хĕрринчен 15—17 километр шаларахра Камчатка территорийĕ çийĕпе 70 километр таран вĕçсе пынă, «Мутновская» сопки патне пăртак çеç çитеймен, кун хыççăн вăл тинĕс еннелле çаврăнса кайнă.

12 сехет те 26 минутра каллех Америкăн «Б-29» йышши бомбардировщикĕ вĕçсе килнĕ, вăл Камчатка çинчи Петропавловск хулинчен çурçĕр-хĕвелтухăçнерехре, «Жупаново» поселокĕн районĕнче СССР государство чиккине пăснă.

Çанталăк лайăх тăни самолет экипажне икĕ хутĕнче те инçетрине курса пыма май панă, çавăнпа та самолет ориентировка çухатма пултарайман. Ку вăл СССР государство чиккине, çӳлте кăтартнă пек, икĕ хутчен пăсасси юри тунă ĕç пулнине çирĕплетсе парать.

Сывлăша çĕкленнĕ икĕ совет истребителĕ Совет государствин чиккине иккĕмĕш хут пăснă Америка бомбардировщикĕ патне çывхарма пуçласан, чикĕ пăсакан самолет совет истребителĕсем çине пеме пуçланă. Совет самолечĕсенчен пĕрин, хăйне хӳтĕлес тĕллевпе, хирĕç пемелле пулса тăнă. Çавăн хыççăн, чикĕне пăсакан самолет каялла çаврăннă та, совет çыранĕсенчен инçетелле кайса, хĕвелтухăç енче курăнми пулнă.

Çӳлте илсе кăтартнă фактсем США Правительстви кăçалхи мартăн 18-мĕшĕнче панă нотăра протест туни вырăнсăр пулнине кăтартса параççĕ, çавăнпа та Совет Правительстви çак протеста сирсе ярать.

Çӳлте илсе кăтартнисем Америка çар самолечĕ СССР государство чиккине пăсни çинчен калакан факта çирĕплетнĕ пирки, Совет Правительстви Пĕрлешӳллĕ Штатсен Правительствине чикĕне çакăн пек пăснине хирĕç протест парать, Пĕрлешӳллĕ Штатсен Правительстви, Америка самолечĕсем малашне СССР государство чиккине ан пăсчăр тесе, тивĕçлĕ мерăсем йышăнасса кĕтет».

*Редакцие килнĕ çыру*

# Электричество вăйĕпе колхоз производствинче туллин усă курмалла

Колхозлă яла электрификацилени колхоз производствине тата колхозниксен йăлапа культура условийĕсене тĕпренех лайăхлатать.

Анчах уйрăм колхозсем, вĕсен электричество энергийĕ çителĕклĕ пулсан та, унпа производствăра туллин усă курмаççĕ-ха. Акă, илер Çĕрпӳ районĕнчи «1905 год» колхоза. Çак колхоз, кӳршĕри колхозсемпе пĕрле, 1949 çулта гидроэлектростанци лартрĕ, хуçалăхра электричество вăйĕпе усă курма тытăнчĕ. Станцие тунă колхозсем малтан пĕчĕккĕ пулнă пирки электричество вăйĕпе производствăра анлăн усă курайман тейĕпĕр. ГЭС ытларах колхозниксен килĕсемпе обществăллă çуртсене çутă парса тăрас тĕлĕшпе ĕçленĕ. 1950 çулта ГЭС тунă колхозсем пурте пĕр колхоза пĕрлешрĕç. Çакă вара электричество вăйĕпе колхоз производствинче туллин усă курмалли мелсене туса пачĕ. 40 киловатлă генератор ĕçлекен ГЭС пĕрлешнĕ колхозшăн пысăк вăй пулса тăчĕ.

Çав майсемпе колхоз мĕнле усă курать-ха? Тӳрех калас пулать, ГЭС вăйĕпе колхоз питĕ япăх усă курать, ГЭС мĕн чухлĕ энерги пама пултарнине сурприне те илеймест. Электричество вăйĕпе итем çинчи ĕçсене механизацилемелле. Колхозăн ку ĕçре опыт та пур. Уйрăм бригадăсем нумайранпа тырпула пĕтĕмпех электромоторсем ĕçленипе çапса кĕртеççĕ. Çакна пула уй-хир ĕçĕсене вăхăтра туса ирттереççĕ. Çапла пулнă уйрăм бригадăсенче колхоз пĕрлешиччен те. Колхоз пĕрлешсе пысăкланнăранпа виççĕмĕш çул çине кайрĕ пулсан та пур бригадăсен итемĕ çине электричество кĕртмен, авăн çапас, тырă сортлас ĕçсене механизацилемен. Султалăкри производство планĕпе иртнĕ çулта Мамино ялне (5-мĕш бригадăна) электричество линийĕ илсе пыма пăхнăччĕ, анчах çавна пурнăçлама правлени тытăнмарĕ. Савнашкалах Çĕн Катек ялĕнче (3-мĕш бригадăра) авăн çапнă чухне трансформатор хĕрсе стройран тухрĕ. Трансформатора часрах юсаса ĕçе яма никам та çине тăрса тăрăшмарĕ. Савна пула авăн çапас ĕç бригадăра чарăнса ларчĕ те, вара çак ĕç хĕле юлчĕ.

Тата тепĕр тĕслĕх. Колхозăн хăйĕн 5 молотилкăпа 5 электромоторĕ шăп ахаль ларнă вăхăтра МТС тракторĕсем кĕрхи çĕртме тăвас вăхăта авăн çапса ирттерчĕç. Çавна пула кĕрхи çĕртме сухалamalli плана колхоз 60 процента яхăн кăна тултарчĕ.

Вăрлăх тасатакан, сортлакан тĕрлĕ машинăсене электричество вăйĕпе ĕçлеттерме колхозăн моторсем пур пулин те сортировкăсемпе триерсене, яланхи пекех, алăпа çаврса ĕçлеттереççĕ.

Вильăх-чĕрлĕх пăхнă çĕрте те электричество вăйĕпе ĕçсене çăмăллатассинчен хытă «шикленеççĕ-ха». Фермăсене электричество вăйĕпе шыв парса тăмалли установка лартас тесе йышăнни икĕ çул çитет ĕнтĕ. Çакна тума иртнĕ çулхи производство планĕпе те пăхнă. Анчах шыва фермăсене паян кун та пичкепе турттараççĕ. Шыв турттарма ĕç вăйĕпе туртăм вăйĕ тата ĕçкунĕ нумай тăкакланни правление хумхантармасть.

Çапла вара, электричествăпа ку колхозра, 3—4 çул каярахри пекех, пуринчен ытларах çуртсене çутатас ĕçре кăна усă кураççĕ.

ГЭС вăйĕпе хуçалăхра ытларах усă курас тĕлĕшпе колхоз правленийĕн, унăн председателĕн Г. Викторов юлташăн тахçанах хытă шутласа пăхмалла пулнă. Колхозăн обществăллă хуçалăхне малалла аталантармалли майсене ĕçе кĕртсе туллин усă курассишĕн вĕсем ответлă.

Анчах кунта пĕр колхоз правленийĕпе унăн председателĕ кăна айăплă мар. Колхоз ГЭС-ĕ мĕнле ĕçленипе парти организацийĕн те (секретарĕ И. Михайлов юлташ) интересленмелле. Колхоз производствине çĕнĕ, механизаци никĕсĕ çине куçарассине хирĕç пыракан кая юлнă шухăшсемпе кĕрешесси — парторганизацин тӳрĕ тивĕçĕ. Колхозăн производство планĕпе пăхнă ĕçсене пурнăçа кĕртсе пынине парти организацийĕ контроллесе пымалла. Анчах çакă халĕ çук-ха.

Республикăри Сельэлектро кантурĕ, электричество вăйĕпе туллин усă курас ĕçре колхоза пулăшас вырăнне, чăрмантарса кăна пырать. Çак кантурăн Шупашкарта электроаппаратсем юсакан мастерской пур. Мастерскойра ĕçлекенсем вара тӳрĕ кăмăлпа ĕçлемеççĕ. Çакна тĕслĕхпе çирĕплетсе парăпăр. «1905 год» колхозран эпир мастерскоя икĕ трансформатор юсама патăмăр. Трансформаторсене юсама кирлĕ тесе, мастерскойра ĕçлекенсем колхозран пăхăр пралук, 12 килограмм çĕтĕрнĕ çип, 11 метр пусма илчĕç. Çакăн хыççăн, трансформаторсене кĕçех туса паратпăр тесе, вăхăта тăсса пычĕç. Юлашкинчен: «Трансформаторсене юсама кунта нимĕнле материал та çук, вĕсене Хусана илсе кайсан лайăхрах пулать», терĕç. Çапла вара пĕр трансформатор икĕ çул, тепри çур çула яхăн мастерскойра юсамасăрах лараççĕ. Асăннă япаласене ăçта кайса хуни çинчен никам та ответлă пуласшăн мар. Кун çинчен Сельэлектро кантурĕ пĕлет пулсан та мастерскоя йĕркеллĕ ĕçлеттерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмасть.

Колхозсенчи электростанцисен пĕтĕм вăйĕпе усă курас, колхоз производствине хăвăртрах электрификацилесе механизацилес ыйтăва халех татса памалла.

**П. ДАНИЛОВ.**

### КЕРКУННЕПЕ ХЕЛЛЕХИ ВАХАТРА ВАРМАН ХАТЕРЛЕМЕЛЛИ ПЛАНА «ЧАВАШВАРМАН» ТРЕСТ ЕНЕПЕ 1953 ÇУЛХИ МАРТАН 20-мĕшĕ ТЕЛНЕ ТУЛТАРНИНЕ КАТАРТАКАН СВОДКА

(процентпа)

| Районсем | Касса хатĕрленĕ | Çул хĕррине илсе тухнă | Турттарса ăсатнă | Районсем | Касса хатĕрленĕ | Çул хĕррине илсе тухнă | Турттарса ăсатнă |
|---|---|---|---|---|---|---|---|
| Улатăр | 58,4 | 65,9 | 67,7 | Первомайски | 85,2 | 61,6 | 63,8 |
| Элĕк | 52,4 | 64,0 | 34,9 | Пăрачкав | 74,7 | 80,7 | 27,3 |
| Вăрнар | 57,8 | 49,0 | 65,2 | Советски | 48,2 | 93,2 | 24,2 |
| Йěпреç | 55,8 | 23,1 | 49,6 | Сĕнтĕр | — | 34,2 | — |
| Ишлей | — | — | 86,4 | Вăрмар | 70,5 | 23,2 | 59,7 |
| Калинино | 53,1 | 51,7 | 52,2 | Çĕрпӳ | 37,8 | 11,7 | 53,8 |
| Канаш | 65,9 | 39,5 | 55,8 | Шупашкар | 136,6 | 123,8 | 122,6 |
| Комсомольски | 100,4 | 75,6 | 91,7 | Чкаловски | 108,9 | 110,2 | 79,2 |
| Куславкка | 123,2 | 100,2 | 108,4 | Чурачăк | 66,7 | 47,0 | 105,3 |
| Красноармейски | 42,1 | 16,4 | 37,1 | Шăмăршă | 74,9 | 23,7 | 81,3 |
| Хĕрлĕ Чутай | 65,7 | 23,3 | — | Шăхасан | 69,1 | 38,1 | 50,6 |
| Кувакино | 54,1 | 31,3 | 67,0 | Çĕмĕрле | 84,4 | 97,0 | 101,5 |
| Сĕнтĕрвăрри | 91,8 | 65,5 | — | Етĕрне | — | 27,4 | 48,5 |
| Муркаш | 91,5 | 92,7 | — | Елчĕк | 37,9 | 96,1 | 44,8 |
| Октябрьски | 90,2 | 80,3 | 60,8 | Тăвай | 50,4 | 18,2 | 47,3 |

# Пĕрлĕхлĕ, мире юратакан демократиллĕ Германишĕн!

*Макс Рейман „Фрейес фольк" хаçат представительне каласа пани*

БЕРЛИН, мартăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Дюссельдорфран илнĕ çакăн пек хыпар çинчен пĕлтерет: Германири Коммунистсен партийĕн председателĕ Макс Рейман «Фрейес фольк» хаçат представительне каласӑ чухне Боннра Парижра алă пуснă çар договорĕсене бундестагра ратификацилени пирки панă чылай ыйтусене ответленĕ.

Аденауэрпа унăн правительство коалицийĕ, тенĕ Макс Рейман, ытларахăш сасăпа Бонна Парижра алă пуснă çар договорĕсене йышăнчĕç. Çак тĕллевпе бундестаг çуртне хĕçпăшалланнă темиçе пин полицейскисемпе салтаксем хупăрласа тăнă, çурт тавра пăралук картасем тытса тухнă. Бундестаг çуртне полици çарĕсен подразделенийĕсене вырнаçтарса тухнă, вĕсем оккупаци çарĕсемпе радио тăрăх çыхăну тытса тăнă. Çакăн пек полици ĕçĕсемпе уçă курнипе нимĕç халăхне депутатсем патне яман. Бундестагра ирĕксĕрленипе сасăлаттарнă. Унта Аденауэрпа Лер чĕнсе илнĕ салтаксем пулнă.

Депутатсен ытларахăшĕ договорсемшĕн сасăлама килĕшни нимĕç халăхĕн шухăш-кăмăлне хирĕç пырать. Нимĕç халăхĕ договорсене хирĕç тăрать, вăл тăватӑ держава канашлăвне пухассишĕн, Германипе мирлĕ договор тăвассишĕн, Германи пĕрлĕхне тепĕр хут туса хурассишĕн, оккупаци çарĕсене илсе тухмалла тăвассишĕн кĕрешет.

Халăхăн шухăш-кăмăлне хирĕç пырса, полицин фашистла террор лару-тăрăвĕнче йышăннă решени нихçан та нимĕç халăхĕшĕн обязательно пулма пултараймасть. Бонна Париж договорĕсем нимĕç халăхĕшĕн законлă мар, вĕсем моральпе политика тĕлĕшĕнчен те, юридически ĕçсем тĕлĕшĕнчен те законлă вăй йышăнмаççĕ.

Çар договорĕсене пурнăçа кĕртме парас мар тесен тата Германипе Европа валли мир туса хурас тесен нимĕç халăхĕн мĕн тумалла, тесе ыйтсан, Макс Рейман çакăн пек ответ панă:

Бундестагра эпĕ Коммунистсен партийĕ хушнипе каланă сăмахра, эпĕ вăл сăмаха мире юратакан мĕнпур нимĕç халăхĕ ячĕпе те каларăм тесе шанса тăратăп, нимĕç халăхĕн требованийĕсене 5 пунктра каласа патăм: тăватӑ держава канашлăвĕ, мирлĕ договор тăвасси, оккупаци çарĕсене илсе тухасси, çавăн пекех Германи пĕрлĕхне туса хурасси, нимĕçсем хушшинче килĕшӳ тăвасси, пĕтĕм Германире Наци пухăвĕн ирĕклĕ суйлавĕсене ирттересси. Германи нацийĕн интересĕсемпе килĕшсе тăракан çак требованисене пурнăçлассишĕн нимĕç халăхĕн хăйĕн мĕнпур вăйне хурса кĕрешмелле. Бонра виççĕмĕш хут сӳтсе явнă кун пулса иртнĕ ĕçсем кашни нимĕçĕн ăс-тăнне кĕрсе вырнаçмалла. Аденауэр правительствине вырăнтан кăлармалла. Вăл правительство, хăйĕн халăха хирĕçле политикине йышăнтарас тесе, çарпа полици формированийĕсемпе усă курса государство переворочĕ тăвасси умĕнче те чарăнса тăмасть. Халăхăн Аденауэр çарпа фашистла диктатура туса хума хăтланнине пурнăçа кĕртме памалла мар.

Нимĕç халăхĕн çакăн пек тума вăй çитет. Рабочи класăн халех предприятисенче тата профсоюзсенче кĕрешӳре пĕрлĕх туса хумалла. Рабочи класпа хресченсем хушшинче çирĕп союз туса хумалла, çар политикине хирĕç, миршĕн, пĕрлĕхшĕн тата никама пăхăнманлăхшăн кĕрешме нимĕç халăхĕн мĕнпур патриотла вăйăсене хăвăртрах пĕрлештермелле.

Çак кĕрешӳре нимĕç халăхĕн чи малтан çамрăксемпе пĕрлешмелле, мĕншĕн тесен Аденауэрăн халăха хирĕçле политики çамрăксене тӳрех хăратса тăрать. Нимĕç халăхĕпе çамрăксем пĕрле кĕрешни,—тенĕ юлашкинчен Макс Рейман,—ют çĕршывсенчи тата çĕршыври империалистсен планĕсене, нимĕç çамрăкĕсене виççĕмĕш тĕнче вăрçин хирĕсене хуса кĕртмелли планĕсене аркантарса ярĕ.

# ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ

## Политикăллă комитетра

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Политикăллă комитет ООН-ăн хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕн докладне тата çак доклад тăрăх тăратнă резолюцисен проекчĕсене сӳтсе явса пĕтернӗ.

ООН-ăн хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕн ĕçĕсем çителĕксĕр пулнине палăртса, Инди представителĕ Менон: Генеральнăй Ассамблейăра тата ООН-ăн мĕнпур органĕсенче Китай Халăх Республикин законлă представителĕсем хăйсен вырăнне йышăниччен ООН-ра хĕçпăшалсăрланас ыйтусене сӳтсе явасси ăнăçлă пулма пултараймасть, тенĕ. Вĕсем хĕçпăшалсăрланас ĕçе, çавăн пекех тата пĕтĕм тĕнчере мир ĕçне хӳтĕлес тĕлĕшпе мĕнпур мероприятисене хутшăнни питех те кирлĕ, çакă вăл тĕнчери лару-тăрури йывăрлăха сирсе яма пулăшнă пулĕччĕ.

Инди представителĕ çапла каланă: Инди делегацийĕ хĕçпăшалсене чакарма, атомлă, бактериллĕ тата халăха массăллăн пĕтерекен ытти мĕнпур хĕçпăшалсене чарса лартма пулăшакан мĕнпур сĕнӳсене хӳтĕлет.

Хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комисси докладне сӳтсе явни,—тенĕ СССР представителĕ В. А. Зорин, — çак дискуссие хутшăннă делегатсен ытларахăшĕ комисси хăйĕн тĕп задачисене пурнăçламан тенипе килĕшрĕ.

ООН чăнласах мире сыхласа тăрас тет пулсан тата çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне сирсе ярас тет пулсан, тенĕ СССР представителĕ, унăн массăллăн хĕçпăшалланассине чарса лартма тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла тата хĕçпăшалсене чăннипех чакарма тата агресси хĕçпăшалĕ пулса тăракан атомлă хĕçпăшала чарса лартма тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

В. Зорин малалла Совет делегацийĕ темиçе хутчен те çаксем çинчен пĕлтернине аса илтернӗ:

Пĕрремĕшĕнчен, хĕçпăшаллă вăйсене чакарасси çинчен тата атомлă хĕçпăшала чарса лартасси çинчен решени йышăнсанах, Совет правительстви мĕнпур хĕçпăшалсемпе хĕçпăшаллă вăйсем çинчен, ку шутра атомлă хĕçпăшал çинчен тата ют территорисенчи çар базисем çинчен те, мĕнпур сведенисене тăратмалла тесе шутлать.

Иккĕмĕшĕнчен, Совет Союзĕ пĕтĕм тĕнчипе çирĕп контроль туса хурассишĕн тата çак никĕс çинче инспекци тăвассишĕн тăрать. Белорус ССР делегачĕ И. В. Сталин Генералиссимус тĕнчери контроль çинчен каланине аса илтерни—çак ыйту тĕлĕшпе Совет Союзĕ мĕнле позици тытни çинчен питĕ лайăх каласа парать. Ун пирки тата тепĕр хут ăнлантарса пама кирлĕ мар.

Виççĕмĕшĕнчен, Совет делегацийĕ хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комисси доклачĕ тăрăх малтанхи хут тухса каланă чухнех пĕтĕм тĕнчери инспекци прависем çинчен çителĕклĕ таран тĕплĕн каласа панă. Çавăнпа та халĕ Совет делегацийĕ çак ыйту пирки тĕплĕн чарăнса тăма кирлĕ мар тесе шутлать.

Совет делегацийĕ мартăн 19-мĕшĕнче Политикăллă комитетра пăхса тухма тăратнă резолюци çинчен каласа парса, В. Зорин: совет сĕнĕвĕсем ăнланмалла, вĕсем хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе тăракан тĕп задачăсене татса пама пулăшаççĕ, тенĕ.

Совет делегацийĕ, тенĕ В. Зорин Пĕрремĕш комитета тепĕр хут çак резолюцие йышăнма чĕнсе калама кирлĕ тата çавăн пекех çапла пĕлтерме кирлĕ тесе шутлать: вăл США ертсе пыракан ытти державăсем тăратнă резолюципе килĕшме пултараймасть. Мĕншĕн тесен çак резолюци хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссин ăнăççăр ĕçне ырлать тата Генеральнăй Ассамблея унччен йышăннă резолюцие çирĕплетет. Вăл резолюципе те Совет делегацийĕ килĕшме пултарайман, хальхи вăхăтра та килĕшмест.

США делегачĕ Гросс тата ытти хăшпĕр делегатсем сасăласси пирки тухса каланă хыççăн, ООН-ăн хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕн доклачĕ тăрăх резолюцисен проекчĕсене сасăлама тытăннă.

Совет Союзĕн резолюци проектне уйрăм параграфсем тăрăх сасăланă. Совет делегацийĕ тăратнă резолюци проекчĕн: «Генеральнăй Ассамблея хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссие халех хĕçпăшалсене чакарас тĕлĕшпе, чи малтан, аслă державăсен—США, СССР, Великобритани, Франци, Китай хĕçпăшалĕсене чакарассине шута илсе, тумалли практикăллă ĕçсене пăхса тухма тытăнма хушас, çавăн пекех тата атомлă хĕçпăшала, бактериллĕ хĕçпăшала тата халăха массăллăн пĕтерекен ытти хĕçпăшалсене чарса лартасси çинчен, çак решенисене пурнăçланине пĕтĕм тĕнчипе тĕрĕслесе тăмалла тăвасси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма тытăнма хушас» текен параграфне йышăнассишĕн 14 делегаци (СССР, УССР, БССР, Чехословаки, Польша, Инди, Индонези, Иран, Сири, Саудовски Арави, Афганистан, Йемен, Ирак, Египет) сасăланă. Ултӑ çĕршыв делегацийĕ (Бирма, Боливи, Чили, Аргентина, Мексика, Эфиопи) нихăш майлă та сасăламан. 40 çĕршыв представителĕсем, вăл шутра США, Англи, Франци представителĕсем Совет резолюци проектне хирĕç сасăланă.

СССР делегацийĕн резолюци проектне çапла вара ырламан, мĕншĕн тесен ун майлă кирлĕ таран сасă пулман. Пĕтĕм проектшăн сасăланă чухне СССР, БССР, УССР, Чехословаки, Польша делегацийĕсем сасăланă. 13 çĕршыв делегацийĕ нихăш майлă та сасăламан.

Политикăллă комитет ытларахăш сасăпа США-па ытти 13 çĕршыв тăратнă резолюци проектне ырланă. Çакă резолюци проекчĕ хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссине хăйĕн ĕçĕсене малалла туса пыма тата хăйĕн ĕçĕнче США, Англи тата Франци сĕнĕвĕсенче кăтартса панă принципсене тĕп вырăна хурса ĕçлеме хушать. СССР, УССР, БССР, Польша тата Чехословаки делегачĕсем çак резолюци проектне хирĕç сасăланă. Инди, Бирма, Саудовски Арави, Индонези тата Аргентина делегацийĕсем нихăш майлă та сасăламан.

# Çамрăксен прависене хӳтĕлемелли Пĕтĕм тĕнчери конференци уçăлнă

ВЕНА, мартăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Венăра çамрăксен прависене хӳтĕлемелли Пĕтĕм тĕнчери конференци уçăлнă. Ку таранччен Венăна пурĕ 50 çĕршыв делегацийĕсем пырса çитнĕ.

Конференцие çамрăксен прависене хӳтĕлемелли Пĕтĕм тĕнчери конференцие пухас тĕлĕшпе ĕçлекен Австри комитечĕн председателĕ Макс Фораусэр уçнă.

Конференци, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, президиум суйлать тата кун йĕрки çирĕплетет.

«Çамрăксем çинчен, вĕсен социальнăй тата экономикăллă прависем çинчен» çамрăксен прависене хӳтĕлемелли Пĕтĕм тĕнчери конференцие пухма хатĕрленес тĕлĕшпе ĕçлекен Франци комитечĕн председателĕ Пьер Бурдэ доклад туса панă.

Доклад пуçламăшĕнче Бурдэ конференци пухас умĕн тĕнчери мĕнпур çĕршывсенче хатĕрленӳ ĕçĕсене анлăн туса ирттерни çинчен каласа панă. Конференцие хатĕрленес ĕçе тĕрлĕ професиллĕ, тĕрлĕ тĕн тытакан, политика тĕлĕшĕнчен тĕрлĕ шухăшлă çамрăксене пĕрлештерсе тăракан нумай организацисем хутшăннă. Индонезире, тĕслĕхрен, Пĕтĕм тĕнчери конференцие пухма хатĕрленекен Наци комитетне 87 организаци представителĕсем кĕнĕ.

Иккĕмĕш тĕнче вăрçи вăхăтĕнче çамрăксем фашизма хирĕç паттăррăн кĕрешни çинчен каласа, Бурдэ нумай çĕршывсенчи çамрăксем вăрçă хыççăн пурнăç лайăхланасса шанса тăни пурнăçа кĕменнине кăтартса панă. Паян, тенĕ Бурдэ, эпир халех çĕнĕ вăрçă çинчен пропаганда саракан тĕнчере, çар экономики тĕнчинче пурăнатпăр. Темиçе çул хушши ĕнтĕ çамрăк çынсем Индо-Китайпа Корейăра пĕтеççĕ.

Капитализмла çĕршывсенче, колонисенче тата пăхăнса тăракан çĕршывсенче, тенĕ малалла докладчик, çамрăксен нимĕнле право та çук. Капитализмла çĕршывсенче ĕçсĕр юлнисем вуншар миллион çын шутланаççĕ. Вĕсем хушшинче çамрăксем нумай. Çамрăк рабочи ĕç илме пултарсан та, çамрăксен ĕç укçи çитĕннĕ рабочисен ĕç укçинчен чылай каярах. Çамрăксен, ялан тенĕ пекех, ĕçсĕр пурăнма е питĕ пĕчĕк ĕç укçи илсе пурăнма тивет. Францире хăшпĕр заводсенче çамрăк рабочисем ирхине 6 сехетрен пуçласа каçхине 8 сехетчен ĕçлеççĕ пулсан та, хăйсем ĕçлесе илекен укçапа пĕр кило çăкăр та илме пултараймаççĕ. Италире çынна пурăнма сахалтан та 20 пин лир укçа кирлĕ пулсан, çамрăк металлист-рабочи 12—17 пин лир кăна ĕçлесе илет. Англире, США-ра, Норвегире, Бельгире тата ытти çĕршывсенче çамрăк рабочисем çитĕннĕ рабочисемпе пĕр тан ĕçленĕ вăхăтрах ĕç укçи, çитĕннĕ рабочисемпе танлаштарсан, 30—50 процент сахалрах илеççĕ.

Капитализмла çĕршывсенче правительствăсем çамрăксене производствăна вĕрентес ĕçе чакарса пыраççĕ. Ученикесен шучĕ пĕрмай сахалланса пырать.

Бурдэ çамрăксен политикăллă пурнăçа хутшăнмалли, хăйсен организацийĕсене тумалли, хаçатсем кăлармалли прависем çинче тĕплĕ чарăнса тăнă.

Капитализмла çĕршывсенчи правительствăсем час-часах çамрăксене политикăллă пурнăçа хутшăнма чăрмантараççĕ. Чылай çĕршывсенче реакциллĕ правительствăсен политикине хирĕç тăракан çамрăксен организацийĕсене ĕçлеме чараççĕ. Çак организацисен руководителĕсемпе активисчĕсене тытса хупаççĕ, вĕсен хаçачĕсене конфискацилеççĕ. Иранра çамрăксен хаçатне çулталăк хушшинче 20 хутчен кăларма чара-чара лартнă. Францире республика çамрăкĕсен союзĕн хаçатне хирĕç 30 хутчен суда пама ĕç пуçарса янă. Ăна Вьетнамри çаратуллă вăрçăна тăрă шыв çине кăларнăшăн, миршĕн кĕрешме активлă чĕннĕшĕн айăплаççĕ.

Бурдэ çавăн пекех тата капитализмла çĕршывсенчи, колонисенчи, пăхăнса тăракан çĕршывсенчи çамрăксен пурнăçĕ йывăр пулни çĕнĕ вăрçа хатĕрленнинчен, хĕçпăшалсем нумай туса кăларнинчен килнине кăтартса панă.

Докладчик Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенчи çамрăксен пурнăçĕ çинче тĕплĕн чарăнса тăнă. Çак çĕршывсенчи çамрăксен пурнăçĕ капитализмла çĕршывсенчи çамрăксен пурнăçĕнчен тĕпренех уйрăлса тăрать.

Юлашкинчен Пьер Бурдэ Пĕтĕм тĕнчери конференцин задачи вăл—пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн, миршĕн малалла кĕрешмелли çулсене кăтартса парасси пулни çинчен каланă.

Пьер Бурдэ доклачĕ тăрăх пренисем пуçланнă.

Конференци ĕçĕ малалла пырать.

# Корейăри ĕçсем

## ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем Йоньчхоньран хĕвеланăç еннерех тата Коранпхориран çурçĕр еннерех Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсен чаçĕсене хирĕç артиллерирен персе çапăçнă.

Зенитнăй чаçсем тата тăшман самолечĕсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ.

## Агрессорсем Корейăра наркăмăшлă газсемпе усă кураççĕ

ПХЕНЬЯН, мартăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Корейăри тĕп телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Америка агрессорĕсем Корейăра çаплах химилле хĕçпăшалпа усă кураççĕ. Мартăн 18-мĕшĕнче Канвон провинцийĕнчи Пхенан уездĕнчи район çине наркăмăшлă газ тултарнă бомбăсем пăрахнă. Çакна пула çулсем юсанă çĕрте ĕçлекен 50 çын сиен курнă. Вĕсенчен чылайăшĕ суккăр пулса ларнă.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикин халăхĕ агрессорсен тискер ĕçĕ пирки хытă тарăхать.

## Тыткăнри çар çыннисене вĕлерме чарăнмаççĕ

ЛОНДОН, мартăн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Токиоран пĕлтернĕ тăрăх, мартăн 19-мĕшĕнче Кочжедо утравĕ çинче лагерь хуралĕ тыткăна илнĕ Çурçĕр Корея салтакне вĕлерни çинчен официальнăй йĕркепе пĕлтернĕ.

Мартăн 18-мĕшĕнче çав утрав çинчех лагерь хуралĕ тыткăна илнĕ Çурçĕр Корейăн икĕ салтакне амантнă.

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Сеултан пĕлтернĕ тăрăх, Америкăн лагерь влаçĕсем паян çапла пĕлтернĕ: «Мартăн 21-мĕшĕнче союзлă çарсен офицерĕ Йончходо утравĕ çинче Çурçĕр Корея çар çыннине персе вĕлернĕ».

## Франци халăхĕ Хĕвеланăç Германие хĕçпăшаллантарнине хирĕç кĕрешет

ПАРИЖ, мартăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Миршĕн кĕрешекен Наци совечĕн яланхи комиссийĕ чĕннипе ĕнер Францире Бонна Парижра алă пуснă çар договорĕсене хирĕç тата Хĕвеланăç Германие хĕçпăшаллантарнине хирĕç кĕрешмелли кун ирттернĕ. Пур çĕрте те митингсемпе демонстрацисем пулса иртнĕ, нимĕçсен фашистла оккупанчĕсене хирĕç кĕрешсе вилнĕ паттăрсен вилтăпри çине чечек кăшăлĕсем хунă.

Столица çыннисем йышăннă резолюцире «Европа çарĕ» тенĕскерĕ çинчен алă пуснă договора ратификацилессине хирĕçлесе каланă. «Европа çарĕ» тенĕскерпе витĕнсе, агрессиллĕ нимĕç çарне тепĕр хут ура çине тăратаççĕ, тенĕ резолюцире. Çавăнпа пĕрлех резолюцире Франци халăхĕ Корейăпа Вьетнамри вăрçă ĕçĕсене чарса лартма, пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тума, Францин никама пăхăнманлăхне туса хума требовани лартни çинчен каланă.

Парижри 6-мĕш тата 19-мĕш округсенче, çавăн пекех çĕршыври ытти хуласенче те полиципе «хăрушсăрлăх» отрячĕсем митинга пухăннă çынсем çине тапăннă.

## Кенири террор

ПАРИЖ, мартăн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин Лондонри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, иртнĕ эрне вĕçĕнче Англи çарĕсемпе полици Кенире пăлханусем пуçланнăранпа нихçан пулман пысăк ухтару туса ирттернĕ. Пумванире (Найроби çывăхĕнче) тата ытти вырăнсенче 2.500 яхăн негра арестленĕ.

## Испанири террор

ЛОНДОН, мартăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Эрнере пĕрре тухса тăракан «Трибун» журналта Хосе Антонио Балбонтин çырăвне пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă:

Испанире франкизма хирĕç пыракансен çăварне хупласа лартас тĕллевпе хĕсĕрлӳпе террорăн çĕнĕ хумĕ пуçланнă. Испанири тĕрмесем, уйрăммăн илсен Мадрид, Барселона, Бильбао тата Севилья хулисенчи тĕрмесем рабочисемпе тата интеллигентсемпе тулса ларнă. Февраль уйăхĕнче кăна Испанире икĕ пин çынна ытла арестленĕ. Арестленĕ çынсене полици хытă пусмăрлать. Темиçе хĕрарăма ачисемпе пĕрле хупса лартнă.

ПАРИЖ, мартăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Барселонăри çар трибуналĕ фашизма хирĕç кĕрешекен 38 çынна тĕрлĕ срока тĕрмене хупса лартмалла тунă. «Юманите» хаçат паян çапла çырать: Испанин çак патриочĕсене 1949 çулта Франко режимне хирĕç тăнăшăн айăпласа арестленĕ. Тĕрмере вĕсене хытă хĕсĕрленĕ. Хупса лартнисем хушшинче Каталонири социалистла çамрăксен союзĕн активлă членĕсем Хосе Мария Сендрос, Роландо Кальво Веллод тата Антонио Сеспедес Лопес. Вĕсене 15-шер çуллăха хупса лартмалла тунă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шупашкарти пир-авăр техникумĕнчи йĕлтĕрçĕсен команди. Сулахайран сылтăмалла—Е. Соловьева, З. Васильева, Г. Ильина, А. Ахлестина тата Л. Киселева.

Çак команда «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн куçса çӳрекен парнисене илмелли ăмăртура мала тухнă.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# Пирĕн пата пурăнма куçса килĕр

*(Красноярск крайĕнчен килнĕ çыру)*

1940 çулхи июнь уйăхĕнче эпĕ Куславкка районĕнчи Карач ялĕнчен Красноярск крайĕнчи Усинск районне пурăнма куçса килтĕм. Вырăна çитсенех кашни çемьене пурăнмалли çурт пачĕç, выльăх-чĕрлĕх туянма пулăшрĕç.

Пирĕн колхозăн уй-хирĕсем аслă, çĕр лайăх. Акмалли çĕр лаптăкĕ 5.701 гектар, улăх-çаран 3.270 гектар шутланать. 1951 çулта эпир кашни ĕçкунĕ пуçне 2,3 килограмм тĕштырă, укçа-тенкĕ тата çу нумай илтĕмĕр. 1952 çулта кашни ĕçкунĕ пуçне 4-шар килограмм тулă уйăрса пачĕç.

Колхоз сăвакан ĕнесем 114 пуç усрать. Вĕсем сĕт нумай параççĕ. 1952 çулта государствăна сĕт парса колхоз локомобиль, автомашина туянчĕ. Халĕ колхозăн икĕ автомашина пур.

Ялхуçалăх ĕçĕсене пĕтĕмпех механизациленĕ.

Кунта çутçанталăк питĕ илемлĕ. Йĕри-тавра—вăрман. Вăрманта çуллахи вăхăтра çырласем туллиех. Вутă-шанкă—ал айĕнчех.

Ялхуçалăх ĕçĕсене пĕтĕмпех механизациленĕ.

Эпир сире пирĕн пата куçса килме чĕнетпĕр. Куçса килекенсем валли 20 çурт хатĕрлесе хунă. Кунта куçса килнĕ кашни çемье валли пилĕкшер центнер тулă уйăрнă тата ĕне е пăру параççĕ.

Кашни килтех электричество пур, радио калаçать. Пушă вăхăта культурăллă ирттерме условисем туса панă.

Ялта вăтам тата пуçламăш шкулсем ĕçлеççĕ.

А. СУВОЛОВА,
Усинск районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнчи колхозница.

## Çуркуннехи каникул кунĕсенче

Паян хулари шкул ачисен çуркуннехи каникулĕ пуçланать. Каникул мартăн 31-мĕшĕччен пулать.

Каникул кунĕсене ачасем савăнăçлă та хаваслă ирттереççĕ. Шкулсенче литература каçĕсем пулаççĕ, художествăллă пултарулăх кружокĕсем концертсем параççĕ. Пионерсен çуртĕнче каникул кунĕсенче уйрăмах хаваслă пулать. Каникулăн малтанхи кунĕнче кунта отрядсенчи звено вожатăйĕсем пухăнса пĕр-пĕрин ĕç опычĕпе паллашаççĕ. «Совет пионерĕн сăнарĕ илемлĕ литературăра» тема тăрăх вулакансен конференцийĕ пулса иртет. Шкул ачисем хушшинче Ленин, Сталин, парти, мир çинчен çырнă сăвăсене лайăх вулас тĕлĕшпе конкурс ирттереççĕ. Çак конкурса хутшăнма хулари нумай ачасем хатĕрленнĕ. Каникул кунĕсенче ачасем чăваш писателĕсемпе тĕл пулаççĕ, хăйсен юратнă кĕнекисем, геройсем тăрăх калаçу ирттереççĕ.

Çамрăксен театрĕ ачасене «Аттестат зрелости», «Золушка» тата ытти пьесăсене те лартса парать.

«Родина» кинотеатрта ачасене «Неразлучные друзья», «Волга-Дон», «Незабываемый 1919 год», «Навстречу жизни» тата ытти лайăх кинофильмсене кăтартаççĕ.

Хулари шкул ачисем хушшинче тĕрлĕ спорт ăмăртăвĕсем ирттерме палăртнă.

Каникул кунĕсенче шкул ачисем театра, музее, художество галлерейине пĕрлешсе кайса кураççĕ.

## Кĕнеке-журнал летописĕ

Республикăри кĕнеке палати 1951 çулта кĕнекесемпе журналсенче тухнă статьясен летописне пичетлесе кăларчĕ. Çав летописре пирĕн республикăра тухнă пур тĕрлĕ кĕнекесен, журналсен библиографилле справочникĕсем пур. Летописе промышленность, ялхуçалăхĕ, çул-йĕр, государствăпа право, истори, финанс, сывлăха сыхлас ĕç, халăха вĕрентес ĕç, физкультура, чĕлхе тата ытти ыйтусем тăрăх çырнă кĕнекесен, статьясен ячĕсене кĕртнĕ.

Летопись историксемпе литераторсемшĕн, пропагандистсемпе агитаторсемшĕн кирлĕ справочник пулса тăрать. Ăна библиотекăсенче тупса вулама пулать.

И. ПРОХОРОВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ—мартăн 25-мĕшĕнче кăнтăрла тата каçхине вырăсла спектакль **«Земной рай»**. Кăнтăрлахи спектакль 12 сехетре, каçхи спектакль 20 сехетре пуçланать.

ÇАМРĂКСЕН ТЕАТРĔ—мартăн 25-мĕшĕнче кăнтăрла **«Золушка»**, каçхине—**«Всадник, скачущий впереди»**. Кăнтăрлахи спектакль 12 сехетре, каçхи спектакль 19 сехет те 30 минутра пуçланать.

### КИНО

«РОДИНА»—мартăн 25-мĕшĕнче 10, 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче **«Неразлучные друзья»**, 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланакан сеанссенче **«Остров страданий»**,

«УДАРНИК»—мартăн 25-мĕшĕнче **«Черевички»**.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00444 Типографи №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.